*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 21 (20154) • Кĕçнерникун, 1990 çулхи январĕн 25-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

*Вулакан умстатйи*

## ПИРĔН ПУРНĂÇ НИКĔСĔ

**Пĕтĕм Союзри канашлăва хутшăннă Шупашкарти промышленность тракторĕсен заводĕнчи Н. П. ФЕДОРОВ электромонтер хăйĕн шухăшĕсемпе паллаштарать**



Вулакансем пĕлеççĕ ĕнтĕ, Мускаври, партин Центральнăй Комитетĕнче рабочи класс, хресченсен тата инженерсемпе техниксен представителĕсен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕ пулса иртрĕ. Унта хутшăнасси пирки эп шутламан тесен те йăнăш пулмĕ. Мускава кайма ман ят тухнине пĕр кун маларах çеç пĕлтĕм. Пĕрлешӳри ĕç коллективĕн совечĕн ларăвĕнче виçĕ кандидатура тăратрĕç, эпĕ ытларах сасă пухрăм. Хамăр республикăран пурĕ улттăн тухса кайрамăр. Пулать-çке пурнăçра: вĕсем хушшинче Вăрмар районĕнчи «Путь Ильича» колхоз председателĕ И. М. Михайлов та пур иккен. Ара, унпа иксĕмĕре те 142-мĕш наци-территори суйлав округĕ тăрăх РСФСР Верховнăй Советне депутата суйлама кандидата тăратнă. Виççĕмĕш претендент — пирĕн паллă ентеш, СССР космонавтлетчикĕ А. Г. Николаев. Çул тăршшĕпех Иван Михайловичпа иксĕмĕр суйлав кампанийĕ пирки, кĕрешӳ çивĕч пуласси çинчен пуплерĕмĕр. Пĕр сăмахпа, çывăх туслашрăмăр унпа.

Çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕнче пурăнакан рабочисемпе хресченсене мĕншĕн пухнă-ха канашлăва! Çак ыйту пурне те хумхантарать пулĕ. Паллах, чи малтанах — çĕршыв мĕнле сывлăшпа сывланине, çынсене мĕн канăç паманнине пĕлес тĕллевпе. Ыйвăр та кăткăс тапхăра кĕтĕмĕр. Татса памалли ыйту çав тери нумай пухăнса çитнĕ. Асăрхарăр пулĕ, М. С. Горбачев сăмахĕнче те, тухса калаçакансен сăмахĕсенче те хальхи лару-тăру пирки пăшăрхании ытларах палăрчĕ. Çитĕнӳсем çинчен мар, ура хурса пыракан çитменлĕхсем çинчен калаçрĕç. Малашне мĕнле пурăнмалла! [illegible] экономикăра ĕмĕр тăршшĕпе хумхантаракан ыйтусем каллех кун йĕркине тухрĕç, канашлăва хутшăнакансем хальхи кăткăс пулăмсенчен тухмалли çул-йĕре шырарĕç.

М. С. Горбачев çакна палăртрĕ: «Эпир экономикăри тăран улшăнусем çулĕ çине тăтăмăр — çакă вăл харпăрлăх хутшăнăвĕсене, хуçалăх ĕçĕпе улпалăхи формисене пырса тивет. Çынсен производствăри вырăнĕ палăрмаллăх улшăнать, çакă вара — пурнăç никĕсĕ шутланакан сфера. Пирĕн обще-...

*Суйлав умĕн*

## УÇĂМЛĂ КАЛАÇУ

891-мĕш Вăрнар территори суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлас енĕпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕ Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн председателĕн Анатолий Михайлович Леонтьевăн кандидатурине регистрациленĕ. Çав кунах Леонтьев Канашпа Красноармейски районĕсен чиккинче ларакан Енĕш шкулне çитрĕ. Унпа пĕрле Кĕçĕн Кипек округĕ тăрăх Чăваш АССР халăх депутатне суйлама тăратнă кандидат, КПСС Вăрнар райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. И. Кушков, Вăрнар район Совечĕн депутатне суйлама тăратнă кандидат, партин Вăрнар райкомĕн членĕ, «Звезда» колхоз председателĕ В. С. Христофоров, ВЛКСМ Чăваш обкомĕн членĕ, Уйкас Кипек ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ В. И. Григорьев тата Уйкас Кипек ял Совечĕн халăх депутачĕн кандидачĕ «Звезда» колхозри 4-мĕш комплексла бригада бригадирĕ Н. Г. Егоров пулчĕç. Вĕсем шкул коллективĕн ĕçĕ-хĕлĕпе, учительсен шухăшĕмĕчĕпе, хуйхи-суйхипе тĕплĕн паллашрĕç, классемпе кабинетсенче пулчĕç.

Темĕн те интересленетерчĕ пулас депутатсене. Учительсем ситĕлĕклĕ-и? Ачасем вĕренӳре тăрăшуллă-и? Вĕрентӳпе воспитани ĕçĕнче кирлĕ техника пур-и? Библиотекăра литература чухăн мар-и? Колхозпа шкул хушшинчи çыхăну еплерех?

— Пирĕн Шупашкарта сивĕ, сирĕн вара кунта «ăшă», — шӳтлесе илчĕ А. М. Леонтьев, 3—4 градус ăшă тăракан классенче çӳренĕ хыççăн.

Кунти шкул çуртне 1894 çулта лартнă, тепĕр сакăр çултан унпа юнашар чиркӳ çĕкленнĕ. 1961 çулта çав икĕ çурт юлашкисенчен ялти платниксем май килнĕ таран тăрăшса шкул купаларĕç. Паллах, кирлĕ пек ĕçлеме май çук кунта. Çакна Вăрнарта иртнĕ çул КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. П. Петров суйлавçăсемпе тĕлпулу иртнĕрнĕ вăхăтра илтнĕ хыççăн, районти коммунистсен пуçлăхĕ А. И. Кушков канăçа çухатрĕ, чи малтан вăл, район аталанăвĕн ĕç планне хушса, Енĕш шкул çуртне тăвассине кĕртме сĕнчĕ. Ун хыççăн çак шкула кĕске вăхăтрах 3 хут çитме вăхăт тупрĕ, хăйпе пĕрле республикăри Министрсен Совечĕн председателĕн заместительне Р. И. Ерусланована, КПСС Чăваш обкомĕн организациллĕ-партиллĕ ĕçпе кадрсен ĕçĕн пайĕн заведующине К. Л. Валицкаяна, Чăваш АССР халăха вĕрентес ĕç министрне В. П. Мидукова, райĕçтăвком председательне Ю. С. Павлова, районти тата колхозри ытти активистсене илсе çӳрерĕ. Ак, халь Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Председателĕ А. М. Леонтьев та кунта.

— Енĕш шкул çуртне тумаллах. Ку вăл пĕтĕм общество, район, республика тивĕçĕ, — ăнлантарать А. И. Кушков. — Шкулпа пĕрле ача сачĕ те уçасчĕ.

— Услантартан виçĕ çухрăмри Енеше пĕчĕккисене шкула çӳреме инçе. Çавăнпа Услантарта пысăкрах щитла çурт лартмалла, пĕр енче ача сачĕ пултăр, юнашар — класс, — ун шухăшне ырлать А. М. Леонтьев.

2 миллион ытла парăма кĕнĕ колхоза йышăнчĕ Владимир Сергеевич Христофоров, хăраса ӳкмерĕ, пĕтĕм ăс-тăнне, вăй-халне, пĕлĕвне парать вăл 6 яла пĕрлештерсе тăракан хуçалăх ĕçĕшĕн. Уйкаспа Вăрман Кипек ялĕсем хушшинче 600 пин тенкĕне яхăн тăракан 90 ача вырнаçмалăх икĕ хутлă хăтлă ача сачĕ ӳсрĕç. Пурăнмалли вунă çурт туса лартрĕç. Çĕнĕ çулта ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн çуртне ĕçе кĕртрĕç. Услантарта плотина, Уйкас Кипекре анлă пĕве купаларĕç, халĕ Енĕшри пĕвене тасатаççĕ. Самантлăха та чарăнмасть ĕç «Звезда» колхоза кĕрекен шоссе çинче. Хăватлă самосвалсем хăйăр, вĕтĕ чул турттараççĕ.

Иртнĕ çул «Звезда» колхоз гектартан 24,1 центнер тĕштырă туса илчĕ, районти хуçалăхсем хушшинче 5-мĕш вырăна тухрĕ.

Халăх нуши-ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерессишĕн, шанса панă ĕçе тивĕçлипе туса пырассишĕн колхоз председателĕпе В. С. Христофоровпа кăçал пуçласа район Советне депутата суйлама кандидата тăратнă ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ В. И. Григорьев куллен тимлеççĕ.

В. НЕСТЕРОВ.

## Гражданла мир туса хумалла

Азербайджанпа Армени халăхĕсем хушшинчи хирĕçĕве, Бакура событисем мĕнле аталанса пынине урăх çĕршывсенчи массăллă информаци органĕсем тĕплĕн çутатса тăраççĕ. Вĕсем Совет Союзĕн руководстви пурнăçа кĕртме тытăннă сиплĕ мерăсем ирĕксĕр йышăннă мерăсем пулнине, çав мерăсем гражданла мир туса хума кирлине палăртаççĕ. Массăллă информаци органĕсем çавăн пекех малашне çынсем вилессине чарса лартмашкăн май килессе шанса тăраççĕ.

США. «Бакура çынсем вилнĕ пирки эпир пĕтĕм чун-чĕререн пăшăрханатпăр, — тенĕ журналистсемпе иртнĕрнĕ тĕлпулура США государство департаменчĕн представителĕ М. Татуайлер. — Чăрсăрланса çитнĕ хăшпĕр çынсен тискер ĕçĕсене пула Кавказ леш енче хăрушă событисем пулса иртеççĕ, йĕркелĕх туса хумашкăн вăйпа усă курма тивет. Эпир Кавказ леш енче политикăллă калаçусем пуçламашкăн çывăх вăхăтрах условисем пулса тăрасса шанатпăр».

ФИНЛЯНДИ. Х. Холкери премьер-министр çапла пĕлтернĕ: Кавказăн Совет Союзне кĕрекен территорийĕнче событисем мĕнле аталанса пынине Финлянди тимлĕ сăнаса тăрать, унта çынсем вилнĕ пирки пăшăрханнине палăртать. Анчах Кавказ леш енчи событисем — Совет Союзĕн шалти ĕçĕ. Унта юн юхнине чарса лартма пур енĕсене те тивĕçтерекен решенисем йышăнасса эпир шанса тăратпăр.

АНГЛИ. Ай-ти-эн телекомпани комментаторĕ Азербайджан столицинче лару-тăру çав тери йывăр пулнине палăртнă. Хирĕçĕ... пĕтермешкĕн çар вăй...

## ВĂХĂТЛĂХ КОМИТЕТ ЛАРĂВĔ

**Чăваш АССРĕнчи преступлени тунине хирĕç кĕрешес енĕпе ĕçлекен Вăхăтлăх комитетăн черетлĕ ларăвĕ пулса иртнĕ. Ăна Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн председателĕ, Чăваш АССРĕнчи преступлени тунине хирĕç кĕрешес енĕпе ĕçлекен Вăхăтлăх комитет председателĕ А. М. Леонтьев ертсе пынă.**

Ларура законсене пăхăнасси мĕнлерех пурнăçа кересе пыни тата 1989 çулта преступлени тунине хирĕç кĕрешес енĕпе палăртнă мерă-... кан васкавлă мерăсем пурнăçа кĕртмелле.

Пулса тăнă лару-тăрăва тишкерсе, Вăхăтлăх комитет постановлени йышăннă, унта ...

...ти ĕçсен министерствин ответлă работникĕсене чĕннĕ.

Ларура çавăн пекех массăллă информаци хатĕрĕсем право йĕркине сыхлакан органсен ĕçĕнче уççăнлăха тăрантатса пырас тата халăх умĕнче вĕсен авторитетне ӳстерес тĕллевпе ĕçлени çинчен ыйту пăхса тухнă.

Ларура çакна палăртнă: ...

...Иван Михайловичпа иксĕмĕр суйлав кампанийĕ пирки, кĕрешӳ çивĕч пуласси çинчен пуплерĕмĕр. Пĕр сăмахпа, çывăх туслашрăмăр унпа.

Çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕнче пурăнакан рабочисемпе хресченсене мĕншĕн пухна-ха канашлăва! Çак ыйту пурне те хумхантарать пулĕ. Паллах, чи малтанах — çĕршыв мĕнле сывлăшпа сывланине, çынсене мĕн канăç паманнине пĕлес тĕллевпе. Ывăр та кăткăс тапхăра кĕтĕмĕр. Татса памалли ыйту çав тери нумай пуханса çитнĕ. Асăрхарăр пулĕ, М. С. Горбачев сăмахĕнче те, тухса калаçакансен сăмахĕсенче те хальхи лару-тăру пирки пăшăрхании ытларах палăрчĕ. Çитĕнӳсем çинчен мар, ура хурса пыракан çитменлĕхсем çинчен калатрĕç. Малашне мĕнле пурăнмалла? [illegible] хуммелле! Этемлĕхе ĕмĕр тăршшĕпе хумхантаракан ыйтусем каллех кун йĕркине тухрĕç, канашлăва хутшăнакансем хальхи кăткăс пулăмсенчен тухмалли çул-йĕре шырарĕç.

М. С. Горбачев çакна палăртрĕ: «Эпир экономикăри таран улшăнусен çулĕ çине тăтăмăр — çака вăл харпăрçулĕ çине тăтăмăр — çака вăл харпăрлăх хутшăнăвĕсене, хуçалăх ĕçĕпе управлени формисене пырса тивет. Çынни производствăри вырăнĕ палăрмаллах улшăнать, çака вара — пурнăç никĕсĕ шутланакан сфера. Пирĕн общество мĕнле пуласси, тĕпрен илсен, эпир малалла мĕнле хăйса пынинчен, экономика мĕнле улшăнса пынинчен килет. Çака вăл эпир обществăн базисĕ тесе шутлама хăнăхни пулать те».

Докладра тимлĕ итленĕ хыççăн хам та тухса калаçасшăнччĕ, анчах унта 216 çын çыранна, пире черет çитмерĕ. Паллах, правительство экономикăри ывăр лару-тăрăва йĕркелесе çитерес, укçа кунелес туртăмсене чарса лартас тĕллешпе тытса пыракан политикăна анлакатпăр-ха. Анчах кулленхи пурнăçра ламах, йĕркеллĕ ĕçлеме чармантаракан сăлтавсем тупăнсах пыни уйрăмах шухăшлаттарать пире. Акă, сăмахран, текиçе çул каялла Государство предприятийĕ çинчен калакан закон вăя кĕчĕччĕ. Коллективсене анлă правăсем панăшăн тинех çăмăллăн сывласа ятăмăр темелле. Нумай та вăхăт иртмерĕ — çак закона «аклантаракан» инструкцисемпе положенисем килме пуçларĕç, унтан вĕсем ăна пачах хупласа хучĕç. Ыра ĕçе ава епле путлантаратпăр. Тепĕр майлă каласан, хамăр ума хамăрах чармав кăларса тăратпăр, кайран çав чарăва сирес тесе анлă кампани пуçлатпăр. Тĕслĕхе пирĕн бригадăна илĕпĕр. Ăна Евгений Сазонов ертсе пырать. Пурĕ вунсаккăрăн эпир. Бригада валли ĕç укçи фондне çирĕплетнĕ. Чун тухиччен ĕçлесен те эпир палăртнинчен ытларах ĕç укçи илейместпĕр: расценка, норматив... Ĕçшĕн çирĕплĕнсе ларна нормативсене пăхăнса тӳлес йăларан хăтăлаймании тарăхтарса çитерчĕ пире. Рабочи уйăхне пĕр е икĕ пин тенкĕлĕх ĕç укçи ĕçлесе илчĕ пулсан, мĕншĕн ăна пĕтĕмпех тӳлемелле мар-ха. Ман шутпа, укçа валеçес ĕçри çак пăнтăх системăна пăрахăçлама вăхăт. Вăл чылай чухне социаллă тĕрĕсмарлăх, хирĕçӳсем патне илсе пырать.

Пуриншĕн те паллă: чĕнсе каланипе е лозунгсем кăларса çакнипе улшăну тăваймастăн. Çавăнпа хуçалăха тытса пырас ĕçре пурте ирĕклĕх, хăйтĕллĕнлĕх ыйтаççĕ. Шел пулин те, правительство ку ыйтăва хăйне май татса пама тăрăшни, хуçалăх руководителĕсен сăмахне пур чухне те шута илменни сисĕнет. Калăпăр, предприятисем государство бюджетне хывакан укçа хисепне чакарасси пирки хĕрӳ калаçрĕç. Пирĕн пĕрлешӳре ку кăтарту 68 процентпа танлашать. Калама çук пысăк цифра. Юлнă укçапа саплашса пурăнма вара çав тери йывăр. Ав, Шупашкарăн кăнтăр енчи çĕнĕ районĕнче, пирĕн завод çывăхĕнче, çĕнĕ микрорайон туса лартрĕç. Вуншар пурăнмалли çуртсăр пуçне мĕнех пур-ши унта! Социаллă объектсем, культурăпа спорт учрежденийĕсем тума укçа уйăрман. Енчен те эпир вырăнти бюджет валли укçа 25 процент таран хăварма пултарнă пулсан, социаллă ыйтусен çивĕчлĕхне чакарма май килĕччĕ. Республика хăйтеллĕнлĕхĕпе сыхăннă ытти ыйтусене кӳтсе янă чухне кăна шута илесчĕ.

Халĕ мĕнле пулса тухать-ха! «Химпром» пĕрлешӳ, чăлхапа трикотаж фабрики халăха кирлĕ тавар чылай туса кăларçĕ, çав вăхăтрах вырăнти халăха çав продукципе туллин тивĕçтереймесçĕ. Кăна йĕркеллĕ теме çук.

Хайтĕллĕнлĕх тесе калатпăр та, халлĕхе предприятисем хăйсен продукцине хăйсем пĕлнĕ пек уса курма, ĕç укçи фончĕ мĕнле пулассине палăртма пултараймаççĕ. Пĕчĕкрех шайри подразделенисен — цехсемпе бригадăсен ирĕклĕхĕ вуçех çук. Сăмахран, хамăр бригадăри рабочисен ĕç укçине ӳстерес тесен, пирĕн ирĕксĕрех кама та пулин ĕçрен кăларма тивет. Пурлăхпа хавхалантармалли фондпа хамăр тĕллĕн уса кураймастпăр. Çав хушăрах кооперативсенчи çынсем виçĕ-тăватă хут ытларах укçа илни хытах шухăшлаттарать. Çук, тӳрĕ кăмăлла кооператорсене хурласа каламастăп, вĕсем хăйсем мĕн чухлĕ ĕçлесе илнине туйса тăраççĕ. Производствăра вăй хуракан пысăк квалификациллĕ рабочи весенчен мĕнпе кая! Эппин вăл та юлашкинчен пулакан кăтартусене кура укçа илме тивĕçлĕ. Юлашки вăхăтра таса чунпа тунă ĕçĕн ячĕ-сумĕ чакнин, ăста рабочисене ним вырăнне хуманнин сăлтавĕсене çакăнта шырамалла мар-ши! Тӳррипе каласан, партипе правительство палăртса хатĕрленĕ программăсем пурнăçа кĕрессе ĕненими пулчĕç çынсем.

Ман шутпа, государство бюджетне тупăшран укçа уйăрмалли йĕркене çĕнетсе улăштарма вăхăт çитнĕ. Пур предприятисене те пĕр пек экономика условийĕсем çине куçармалла. Халĕ лайăх ĕçлекен предприятисенчен укçа ытларах сăптăрса илме тăрăшаççĕ, çав вăхăтрах юлса пыракан коллективсем вĕсен шучĕпе пурăнаççĕ. Еçченпе юлхава пĕр урапа çине лартнă пекех-çке ку: пĕри теприне ӳкме памасть, хăй те ура çине çирĕппĕн тăраймасть. Промышленноçра кăна мар, ялхуçалăхĕнче те çак пĕрпеклĕх вуншар çул хушши пуçпулса тăнă, йĕркеллĕ аталанма чармантарнă. Правительство ку енĕпе асăрханулла политика тытса пырать пулас. Такăлă ĕçлекен предприятисене вăл майĕпен пĕтерсе пырасшăн. Анчах хăçанччен тăсăле-ши ку!

Халăхра çапла калание илтме пулать: çĕршыва ертсе пыракансем халăх мĕнле пурăннине тĕпĕ-йĕрĕпе пĕлмеççĕ, имĕш. Пĕлеççĕ, ăнланаççĕ, халăх пурнăçне çăмăллатма тĕрлĕ майсем шыраççĕ. Çакă вăл ку канашлура та палăрчĕ. Анчах конкретлă решенисем нышăнма вăхăт çитсен, пĕр шухăш патне килсе тухаймастпăр. Харпăрлăх, аренда, социализмла предприяти çинчен калакан законсем йышăнсан, уçăмлăх пулать теççĕ. Килĕшетĕп, хальхи çĕнетӳ процесĕсене право тĕлĕшĕнчен йĕркелесе çитермесĕр малалла калăмăпăр, экономика реформине тарăнлатса пыраймăпăр. Законсене çирĕплетни лайăх-ха, анчах чунра иккĕленӳ те çуралать. Калăпăр, социализмла предприяти çинчен калакан закон пурнăçа мĕнле кĕрсе пырĕ-ши, государство предприятийĕ çинчен калакан закон шăпи кĕтмест-ши ăна, пирĕн ырă тĕлловсене çӳлтен килекен тĕрлĕ инструкцисемпе положенисем ăна каллех пусарса лартмĕç-ши! Мана çавă канăç памасть.

Канашлура сăмах панă пулсан, эпĕ, паллах, хамăр рабочисене хумхантаракан ыйтусем çинче тĕпленерех чарăнса тăнă пулăттăм. Ялахи чир — пурлăх ресурсĕсемпе çителĕксĕр тивĕçтерни такăнтарса пырать. Кăçал плакпа çĕршер трактор пухмалла, пурлăхпа техника ресурсĕсем 40—80 процент кăна уйăрса параççĕ. Эппин, план тулмасть, çынсен ĕç укçи чакать, социаллă пĕлтерĕшлĕ объектсем тума укçатенкĕ сахалрах уйăрма тивет. Тĕпрен илсен, пирĕн патра машинăсем тăвакан отраслĕн никĕсне хывнă, коллектив çирĕппĕнсе çитрĕ. Ăна тухăçлă ĕçлеме тивĕçлĕ условисем туса парасчĕ, ытти вара йăлтах хамăртан килет.

Мускавра пурăннă чухне эпир канашлу хыççăн та сахал мар дискусси иртерĕ. Усăллă пулчĕç çав тавлашусем, мĕншĕн тесен хамăр республика представителĕсем те хăйсен шухăшне уççăн палăртрĕç. Хуçалăх расчечĕ, аренда хутшăнăвĕсем — калаçу ытларах çавăн çинчен пычĕ. Шел, хамăр пĕрлешӳве илсен, хуçалăх расчечĕн майĕсемпе туллин усă кураймастпăр-ха. Аялти сыпăка — цехсемпе бригадăсене хуçалăх расчечĕ çитнĕ теме иртерех. Производство подразделенийĕсем хушшинчи хутшăнусене закон тĕлĕшĕнчен йĕркелесе çитерменнин шиклентерет çынсене, çĕнĕ йĕрке çине куçсан, ĕç укçи чакасран хăраканисем те пур. Е тата ялхуçалăхне илĕпĕр. Колхозран тухса, хăв тĕллĕн пĕр 20 гектар çĕр илтĕн пулсан, кайран колхоз техника, вăрлăх уйăрса парас ĕçре хĕсме тытăнмасть-и! Паллă мар. Право енчен хӳтĕлев пулсан, ахăртнех, çак иккĕленӳллĕ шухăшсем çуралмĕччĕç, ыранхишĕн пăшăрханман пулăттăн. Акă мĕн чарса тăрать çĕнĕлле ĕçлесе пурăнма!

Çӳлерех илсе кăтартнă шухăшсем вулаканшăн çĕнĕ мар ĕнтĕ. Çапах та Пĕтĕм Союзри канашлăва хутшăнни мана çĕршыв таппине чĕререн туйса илме, суйлав умĕнхи хамăн платформăна самай пуянлатма май пачĕ. Партипе государство руководителĕсем халăхпа канашланине, унăн чун ыратăвне пĕлме тăрăшнине ырлас килет. Çĕршывăн обществăпа политика пурнăçĕнчи лару-тăру кăткăсланнă, инфляци процесĕсем тарăн тымар янă, нацисем хушшинчи хирĕçӳсем çивĕчленсе çитнĕ тапхăрта сывă вăйсене пĕрлештерни, дисциплинăпа йĕркелĕхе çирĕплетни уйрăмах кирлĕ. Юлашкинчен манпа пĕр округра депутат мандачĕшĕн кĕрешекен ентешсене — А. Г. Николаевăпа И. М. Михайлова çирĕп сывлăх, суйлавра ăнăçу сунатăп.

---

кабинетсенче пулчĕç.

Темĕн те интереслентерчĕ пулас депутатсене. Учительсем ситеĕклĕ-и? Ачасем вĕренӳре тăрăшулла-и? Вĕрентӳпе воспитани ĕçĕнче кирлĕ техника пур-и? Библиотекăра литература чухăн мар-и? Колхозпа шкул хушшинчи сыхăну епле-рех?

— Пирĕн Шупашкарта сивĕ, сирĕн вара кунта

телне Ю. С. Павлова, районти тата колхозри ытти активистсене илсе çӳрерĕ. Ак, халь Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Председателĕ А. М. Леонтьев та кунта.

— Енĕш шкул çуртне тумаллах. Ку вăл пĕтĕм общество, район, республика тивĕçĕ, — ăнлантарать А. И. Кушков. — Шкулпа пĕрле ача сачĕ те уçасчĕ.

Халăх нуши-ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерес шухăшпа пана ĕçе тивĕçлипе туса пырассишĕн колхоз председателĕпе В. С. Христофоровпа кăçал пуçласа район Советне депутата суйлама кандидата тăратнă ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателе В. И. Григорьев куллен тимлеççĕ.

В. НЕСТЕРОВ.

---

# ВĂХĂТЛĂХ КОМИТЕТ ЛАРĂВĔ

**Чăваш АССРĕнчи преступлени тунине хирĕç кĕрешес енĕпе ĕçлекен Вăхăтлăх комитетăн черетлĕ ларăвĕ пулса иртнĕ. Ăна Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн председателĕ, Чăваш АССРĕнчи преступлени тунине хирĕç кĕрешес енĕпе ĕçлекен Вăхăтлăх комитет председателĕ А. М. Леонтьев ертсе пынă.**

Ларура законсене пăхăнасси мĕнлерех пурнăçа кĕрсе пыни тата 1989 çулта преступлени тунине хирĕç кĕрешес енĕпе палăртнă мерăсене мĕнле пурнăçлани, çавăн пекех 1990 çулхи задачăсем çинчен ыйту пăхса тухнă.

Пĕлтĕр республикăри оперативлă лару-тăру сасартăк йывăрланнине çирĕплетнĕ. Уйрăм тапхăрсенче преступлени тăвасси 40 процента çитнĕ, уйрăмах йывăр преступленисем тăвасси 73 процента çитиех ӳснĕ. Преступлени тăвасси республикăн мĕнпур хулисемпе районĕсене пырса тивни уйрăмах пăшăрхантарать. Преступниксен ĕçĕсене, уйрăмах йывăр преступлени тăвассине чарса лартас тĕлĕшпе пурнăçлакан мерăсем пур чухне те кирлĕ пек усă кӳмеççĕ. Преступлени тунине хирĕç кĕрешес тĕлĕшпе кая хăвармасăр татса памалли ыйтусем мĕнлерех-ха? Вĕсене мĕнле майпа татса памалла.

Вăхăтлăх комитет ларăвĕнче çакăн пирки Чăваш АССР прокурорĕ Е. Н. Жучков, Чăваш АССР Шалти ĕçсен министрĕн заместителĕ Н. Н. Бельцов юлташсем хăйсен шухăшне пĕлтерчĕç... 

Е. Н. Жучков юлташ хăйĕн сăмахĕнче çакна палăртнă: пулса тăнă лару-тăру чи малтанах юлашки вăхăтра ĕçкĕ-çикĕпе иртехнине, обществăлла йĕркелĕхе пăснине хирĕç кĕрешмелли, преступлени тăвасран сыхланмалли тата следстви ĕçне, прокурор-суд практикине çĕнетсе улăштармалли, çав шутра йывăр преступлени тунă çынсене тивĕçлĕ наказани памалли ыйтусене комплексла татса парассинчен пăрăнса пыма пуçланипе сыхăннă. Право йĕркине хирĕçле ĕç тунă çынсене наказани памасăр хăварни çĕнĕ преступлени тăвасси патне илсе çитерет. Тепĕр самант пирки те каламасăр хăварма юрамасть, тенĕ Н. Н. Бельцов. Малтанах хатĕрленсе преступлени тунине, спекуляцие хирĕç çине тăрса кĕрешнĕ май право йĕркине сыхлакан органсенче ĕçлекенсем хăйсене кирлĕ пек ĕçлеме чармантаракан пысăк çитменлĕхсемпе тĕл пулаççĕ. Ку вăл — транспорт çитменни те, кивелсе çитнĕ криминологи техники, милици работникĕсен пурнăç условийĕсем йывăр пулни те. Милицие хăварт куçса çӳреме, преступниксен ĕç-хĕлĕ çинчен сиенчех пĕлсе тăма май паракан васкавлă мерăсем пурнăçа кĕртмелле.

Пулса тăнă лару-тăрăва тишкерсе, Вăхăтлăх комитет постановлени йышăннă, унта вăл район тата хула Советĕсен ĕç тăвакан комитечĕсене 1990 çулхи мартăн 1-мĕшĕччен вырăнта 1990 çулта преступлени тунине хирĕç кĕрешӳве йĕркелесси çинчен ыйту пăхса тухма сĕннĕ.

Комитет Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн «Чăваш АССР Верховнăй суйĕ тата Шалти ĕçсен министерстви граждансен прависемпе законлă интересĕсене хӳтĕлес тата республикăри право йĕркине, законлăха çирĕплетес тĕлĕшпе ĕçлени çинчен» постановленине тата çак ыйтупа палăртнă ытти мероприятисене пурнăçласси çине тимлĕ пăхнă.

Сăмахран, ĕç тăвакан комитетсене шалти ĕçсен пайĕсене пурлăхпа техника парса тăрассине, милици работникĕсен ĕçпе йăла условийĕсене лайăхлатасси çинчен ыйтусем пăхса тухма сĕннĕ.

Чăваш АССР Министрсен Советне криминалистика экспертизин никĕсне туса хурас, ăна ку чухнехи оборудованипе, техникăпа пуянлатас тата квалификациллĕ кадрсемпе çирĕплетес тĕлĕшпе мерăсем пурнăçа кĕртме сĕннĕ.

Ларура преступлени тунине хирĕç кĕрешес ĕçри организациллĕ-политикăлла ыйтусене, çакăнпа сыхăннă экономика, социаллă пурнăçпа культура тата воспитани ыйтăвĕсене, право йĕркине пăсасран сыхлас, ĕçлемен çынсене ĕçе вырнаçтарас, уйрăмах çамрăксемпе пĕр çĕрте пурăнман çынсене ĕç тупса парас, судпа айăпланисене тӳрленме пулăшас, тĕрмерен тухнă хыççăн çынсене тĕрĕс пурнăç çулĕ çине тăма пулăшас ыйтусене татса парас си çине тимлĕрех пăхни пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине палăртнă.

Ыйтăва сӳтсе явнин итогĕсене пĕтĕмлетсе, Вăхăтлăх комитет председателĕ А. М. Леонтьев çакна палăртнă: преступлени тунине хирĕç кĕрешес ĕçре паян право йĕркине сыхлакан органсем чи малтанах хăйсен тĕллевĕсене усăмлăн палăртма, лару-тăрăва сиенчех тĕрĕс хаклама тата пур енĕпе те ĕçлĕ пулма тивĕçлĕ.

Çак ыйтăва сӳтсе явмашкăн Вăхăтлăх комитет ларăвне районсемпе хуласен прокурорĕсене, районсемпе хуласенчи шалти ĕçсен пайĕсен начальникĕсене, Чăваш АССР прокуратурипе Шалти ĕçсен министерствин ответлă работникĕсене чĕннĕ.

Ларура çавăн пекех массăлла информаци хатĕрĕсем право йĕркине сыхлакан органсен ĕçĕнче уççăнлăха таранлатса пырас тата халăх умĕнче вĕсен авторитетне ӳстерес тĕлĕшпе ĕçлени çинчен ыйту пăхса тухнă.

Ларура çакна палăртнă: корреспонденцисемпе передачăсенче тепĕр чухне ĕçе объективлă, компетентлă тĕрĕс хакламанни палăрать. Час-часах преступленисем çинчен ăна мĕнлерех меслетсемпе тĕпчесе уçса палăртни çинчен каласа пани преступниксене çеç пулăшать.

Комитет шутланă тăрăх, массăлла информаци хатĕрĕсем преступлени тунине хирĕç кĕрешес тĕлĕшпе ĕçленине çĕнĕлле çутатма кирлĕ. Хаçатсенче право йĕркине çирĕплетес тĕлĕшпе пурнăçа кĕртекен мерăсене пур енлĕн тата тĕрĕс çутатни, çак кĕрешӳве лайăх опыт тĕслĕхĕпе пропагандăлани, право йĕркине сыхлакан органсен ятне-сумне çĕклени тата вĕсен авторитетне çирĕплетни преступлени тунине хирĕç эффективларах кĕрешмешкĕн пулăшма тивĕçлĕ.

Ларура Шупашкарти машинăсем тăвакан заводăн ĕç коллективĕн совечĕн председателĕ Н. В. Индейкин заводра право йĕркине пăсакансемпе ĕçкĕ-çикĕпе иртĕхекенсене хирĕç кĕрешессине вăйлатас ыйтупа тухса калаçнине шута илнĕ.

Вăхăтлăх комитет членĕ, «Чувашкабель» заводăн ĕç коллективĕн совечĕн председателĕ А. А. Волков пăшăрханса çирĕплетнĕ тăрăх, ĕç коллективĕсен совечĕсем, тĕпрен илсен, производство ыйтăвĕсемпе ĕçлеççĕ, ĕçкĕ-çикĕпе иртĕхнине тата право йĕркине пăснине хирĕç кĕрешес ыйтусем çине кирлĕ пек тимлĕхпе пăхмаççĕ.

Вăхăтлăх комитет Шупашкарти машинăсем тăвакан заводăн ĕç коллективĕн советне коллективра воспитани ĕçне вăйлатма, завод руководителĕсемпе пĕрле çитĕнсен çулне çитмен çамрăксене ĕçе вырнаçтарас тĕлĕшпе мерăсем палăртса хатĕрлеме тата вĕсене пурнăçа кĕртме тивĕçлине палăртнă.

Ларура çавăн пекех Чăваш АССРĕнче преступлени тунине хирĕç кĕрешес енĕпе ĕçлекен Вăхăтлăх комитет çинчен палăртса хатĕрленĕ положени проектне ырлана тата ăна Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕнче çирĕплетмешкĕн тăратма сĕннĕ.

Ларăва КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ В. С. Шурчанов хутшăннă.

---

...карушă событисем пулса иртеççĕ, йĕркелĕх туса хумашкăн вăйпа усă курма тивет. Эпир Кавказ леш енче политикăллă калаçусем пуçламашкăн çывăх вăхăтрах условисем пулса тăрасса шанатпăр.

ФИНЛЯНДИ. Х. Холкери премьер-министр çапла пĕлтернĕ: Кавказăн Совет Союзне кĕрекен территорийĕнче событисем мĕнле аталанса пынине Финлянди тимлĕ сăнаса тăрать, унта çынсем вилнĕ пирки пăшăрханнине палăртать. Анчах Кавказ леш енчи событисем — Совет Союзĕн шалти ĕçĕ. Унта юн юхнине чарса лартма пур енĕсене те тивĕçтерекен решенисем йышăнасса эпир шанса тăратпăр.

АНГЛИ. Ай-ти-эн телекомпани комментаторĕ Азербайджан столицинче лару-тăру çав тери йывăр пулнине палăртнă. Хирĕçĕве пĕтермешкĕн çар вăйĕпе усă курнине телекомпани Совет Союзĕ çав хирĕçĕве политикăллă майсемпе пĕтерме пултарайманнипе ăнлантарать. Британи советологĕ П. Фрэнк шухăшĕпе, Совет Союзĕн руководителĕн çар меслечĕсемпе усă курса лару-тăрăва йĕркелесе çитермелле, çавăн хыççăн тӳрех кăткăс ыйтăва политикăллă майсемпе татса пама тытăнмалла. Анчах хальхи вăхăтра хирĕçекен енĕсенчен иккĕшне те тивĕçтерме пултаракан политикăллă меслет никам та сĕнме пултараймасть, тенĕ П. Фрэнк.

РУМЫНИ. Нацие çăлакан фронтăн тулашри политика совечĕн председателĕ С. Боукан Японири «Санкэй Симбун» хаçат корреспонденчĕн ыйтăвĕ çине ответлесе çапла каланă: «Ку вăл — питĕ йывăр проблема. Апла пулин те, çар контроллесе тăма тытăннăранпа лару-тăру лайăх еннелле улшăнма пуçланă ăнтĕ... Лару-тăру мăн тери йывăр пулнине шута илсен, хĕçпăшалпа усă курнисĕр пуçне урăхла май çук пулнине ăнланмалла. Унсăрăн граждан вăрçи пуçланма пултарнă».

ВАТИКАН. «Хирĕçӳре икĕ халăх ĕмĕр-ĕмĕр пĕрпĕринпе çапăçни, вĕсен шухăш-кăмăлĕн, культурин, тĕнĕн уйрăмлăхĕсем палăрчĕç. Кунсăр пуçне, çак халăхсене территори хирĕçтерет, — тесе çырать Кавказ леш енчи событисем пирки «Оссерваторе романо» хаçат. — Пуçланнă хирĕçӳсем ССР Союзĕнчи çĕнетӳпе сыхăнман. Хирĕçӳсемшĕн çĕнетӳ умĕнхи вăраха пынă лару-тăру айăплă. Ыйтусем паян тухса тăман, вĕсем иртнĕ вăхăтра та çивĕч пулнă. Халĕ çав хирĕçӳсене пĕтерме политикăллă меслетсемпе усă курмалла, хăюллă та тӳсĕмлĕ пулмалла, малашлăхшăн пĕтĕм вăя хурса кĕрешмелле».

(ТАСС, январĕн 23-мĕшĕ).




ТАСС КОРРЕСПОНДЕНЧĔСЕМ ПĔЛТЕРЕÇÇĔ

## Брянск

Çамрăксен наукăпа техника творчествин хуçалăх расчечĕпе ĕçлекен «Шырав» центрĕн коллективĕ туса хатĕрленĕ экскаватор чугун çула юсанă чухне вукнă рабочие ылмаштарма пултарать. Ку машина пах чула пухса платформăсем çине тиет. Ăна сĕрипе кăларакан модель нимĕçĕ синче туса хатĕрленĕ. Творчество коллективĕ хăшпĕр конструкци уйлĕсене çеç улăштарчĕ, тепĕр ротор вырнастарнă. Çĕнĕ машинăна заказчикĕ — Кăнтăр-Хĕвеланăç чугун çулне ярса панă.

## Львов

Буг районĕнчи «Сельхозхимия» ĕçченĕсене органика компосчĕсене хатĕрлемелли экологи тĕлĕшĕнчен таса технологи икĕ хут ытларах тупăш панă. Çĕнĕ меслетпе хатĕрленĕ компостăн кашни тоннинче 20 килограмм ытла лайăх ирĕлекен азот, кали, фосфор, ытти микроэлементсем пур. Çакă ÿсентăрансене хăвăрт ÿсме тата лайăх аталанма пулăшать, уй-хире çумкурăкран тасатма май парать. Хими удобренийĕсемпе сахалрах усă курни вара çĕр пулăхне упраса хăварма кăна пулăшать.

## Дон çинчи Ростов

Ростоври предприятисем дефицитлă строительство материалĕсем туса кăлармалли чикĕ леш енче хатĕрлекен линисемпе технологисене валютăсăрах туянма пултараççĕ. Вĕсем халĕ «Аспром» ассоциаци членне кĕнĕ. Ку ассоциаци тĕллевĕ — вырăнти стройкăсене тĕрлĕ материалсемпе тивĕçтерес ыйтăва татса парасси. Сăмахран, «Югмебель» пĕрлешÿ чикĕ леш енчен кирпĕч завочĕ туянасшăн, анчах хăйĕн валюта çук. Кун пек чухне «Красный котельщик», «Ростовуголь» тата ассоциацин ытти членĕсем пулăшаççĕ.

## Муром

Владимир облаçĕнчи Муром хулинчи радиозаводра туса кăларакан çĕнĕ кышши «Былина-317» автомагнитолăсем унченхи модельсенчен 100 тенке яхăн йÿнĕрех пулĕç. Çĕнĕ продукци завод конвейерĕсенчен тухма тытăннă ĕнтĕ. Автомашинăсен хуçисем ку моделе йÿнĕ пулнине кура кăна мар туянĕç. Çĕнĕ магнитола пахалăхĕпе те, шавчăклăхĕпе те, илемлĕхĕпе те чылай ÿкĕлса тăрать.

## Рига

# ХАЛĂХ ШАНĂÇĔ

Е. П. Кассирова. Патăръел районĕнчи Çĕнĕ Ахпÿртре çуралнăскер, мĕн пĕчĕкрен тăвая тавралăха, çĕре. Пăла шывне юратса ÿснĕ. Ялти вăтам шкула лайăх паллăсемпе вĕренсе пĕтерсен, вăл хăшпĕр тантăшĕсем пек хулана кайма васкаман, хăйĕн ĕç вырăнĕ «Родина» колхоз тесе шутланă. Çапла, Елена Кассировăн (хĕр чухне вăл Комаровăччĕ) ĕç кĕнекин пĕрремĕш йĕркинче вăл колхозница пулнине палăртнă. Унтан — студентка.

Чăваш ялхуçалăх институчĕн агрономи факультетне вĕренме кĕрсен, унăн куçĕсене библиотека тата спортзал палăртичи пĕлтерÿсем илĕртнĕ. Вĕсене вуланă хыççăн Елена марксизм-ленинизм вĕренĕвĕн кружокне тата спорт секцийĕн занятийĕсене çÿреме кăмăл тăвать. Нумай та вăхăт иртмест — хастар студентка хăйĕн тантăшĕсене вĕренÿре те, спортра та ырă тĕслĕх кăтартма пуçлать.

70-мĕш çулсен вĕçĕнче республикăри спорта юратакансем Елена Комаровăна лайăх пĕлнĕ, паллах. Астăватăп, 1977 çулхине вăл кĕске дистанцисене чупса тата ГТО комплексĕн нумай енĕсемпе ăмăртса, пуçласа Чăваш АССР чемпионкин хисеплĕ ятĕсене çĕнсе илчĕ. Ун чухне Росси Федерацийĕнче чапа тухнă атлетсем те тĕлĕннĕччĕ. Хăшĕсем, те ăмсанса, те кĕвĕçсе, çапларах калаçатчĕç: «Аçтан тупса килнĕ ку чиперккене? Мĕнле майпа-ха спортăн темиçе енĕпе çĕнтерме пултарнĕ вăл?» Çамрăк спортсменкăн вара нимĕнле вăрттăнлăх та çукчĕ. Манăн ыйтусем çине ответленĕ чухне вăл, сăмахран, сăпайлăн çапла каланăччĕ:

— Пушă вăхăта усăллă иртерме пĕлмелле. Физкультурăпа спорт ку тĕлĕшпе кашни çынна пурнăçĕнчех кирлĕ. Тепĕр тесен, спорт — пысăк ĕç. Пирĕн вара малашне ялхуçалăхĕнче нумай вăй хумалла пулĕ, çавăнпа та спорт урлă хама малашнехи кĕрешĕве хатĕрлĕп.

Унтанпа вунвиçĕ çул иртсе кайрĕ. Кашни çулĕнчех эпĕ Елена Петровнăпа Шупашкарта е Елчĕк тăрăхĕнче тĕл пулнă, ялан тенĕ пекех ăна пĕр-пĕр çитĕнÿ е пурнăçĕнчи улшăнăвĕ ячĕпе ăшшăн саламлама сăлтав пулнă. 1978 çулта, акă, ГТО комплексĕн нумай енĕпе ăмăртса, Смоленскра «Урожай» физкультурăпа спорт обществин Российăри совечĕн чемпионки ятне çĕнсе илчĕ. Унтан, Ереванра çĕршыв чемпионатне хутшăнса, чăваш хĕрĕсенчен пуçласа ГТО комплексĕн енĕлĕх СССР спорт мастерĕн нормативне пурнăçларĕ. 1979 çулта вара Елена Комарова çĕршыв чемпионки ятне тивĕç пулчĕ.

Çав çулхине вăл пĕр ăмăртуран, унта ылтăн медале çĕнсе илнĕччĕ пулин те, кăмăлсăр таврăннăччĕ.

— Сана паянхи пек салху курман, — тенĕччĕ эпĕ ентешĕме.

— Пĕрле вĕренекен Саша Кассиров тарăхтарчĕ. Вăл мана ГТО комплексĕн енĕсемпе ăмăртнăшăн хурлать. «Пурпĕрех Олимп вăййисене лекейместĕн», — тет.

ГТО комплексĕн енĕсемпе Олимп вăййисенче чăнах та ăмăртмаççĕ. Александр Кассиров вара мĕн ачаран кĕрешме юратнă, çичĕ хутчен Чăваш АССР чемпионĕн ятне çĕнсе илнĕ. Унăн çутă ĕмĕчĕ Олимп вăййисене хутшăнассиччĕ, анчах авланнă хыççăн вăл сахалтарах кĕрешме пуçларĕ. Пурнăçри паллă самант ĕнтĕ: çав çулхине икĕ спорт мастерĕ, икĕ паллă атлет — Александр Кассировпа Елена Комарова пĕрлешрĕç.

1981 çулхине Чăваш ялхуçалăх институтне вĕренсе пĕтерсен, çамрăк мăшăр Кассировсен тăван ялне — Елчĕк районĕнчи Аслă Елчĕке куçса кайрĕ. Икĕ агронома Ленин ячĕпе хисепленекен колхозра тÿрех ĕç тупăнмарĕ пулас: Елена ВЛКСМ райкомĕнче ĕçлеме пуçларĕ. Малтан — инструктор, унтан — иккĕмĕш секретарь.

80-мĕш çулсен варринче республикăри пĕр ăмăртура Елчĕк районĕнчи Ленин ячĕпе хисепленекен колхоз командин ыйăне Кассировсен çемйи хÿтĕлени çинчен пĕлтерчĕç. Çапла, иккĕшĕ те старта тухнă Александр Иванович та ГТО комплексĕн нумай енĕпе ăмăртма пуçланă иккен. Елена Петровнăна ун чухне каллех Чăваш АССР чемпионки ятне çĕнсе илнĕ ятпа саламланипе пĕрлех çĕнĕ çĕрте те, колхоз председателĕн заместителĕн çăмăл мар ĕçĕнче, пысăк çитĕнÿсем тума ырă суннам. 1985 çулхинех анлă тавракурăмлă специалиста Аслă Елчĕкри коммунистсем партком секретарьне суйланă.

## Пирĕн кандидатсем

Пăла тăрăхĕнчен аякарах пурăнакан хăшпĕр çынсем, ытларах тури чăвашсем, Аслă Елчĕке район центрĕпе пăтраштараççĕ. Центрти ял, Елчĕк (ĕлĕк ăна Кĕçĕн Елчĕк тенĕ) «Прогресс» колхоза кĕрет. Аслă Елчĕк вара 30-мĕш çулсенчен пуçласах Ленин ячĕпе хисепленекен колхозăн тĕп усадьби шутланать. Кунта çакна палăртар: колхоза пуçарса яма Горький хулинчен килнĕ Храмов рабочи нумай вăй хунă, ун хыççăн вара, аллă çул ытла ĕнтĕ, колхоз председателĕсем те, хуçалăхри парти организацийĕн пуçĕнче те Аслă Елчĕк ыннисем пулнă. Паллах, халĕ эпир Елена Петровнăна та вырăнти çын теме пултаратпăр.

Аслă Елчĕк — пысăк ял. Кунта 650 ытла хуçалăх. Пĕчĕккисем кăна мар, хăшпĕр çитĕннĕ çынсем те тепĕр чухне пĕр-пĕрне палламаççĕ. Елена Кассировăна вара ватти те, вĕтти те пĕлет. Ачасем умĕнче вăл чăн-чăн учительница пек, ваттисен умĕнче — сумлă хĕрарăм. Тен, аслă ăрури хăшпĕр çынсем паянхи çамрăксем аслă сăмахсем е вĕрентерех калани килĕштерсех те каймаççĕ пуль. Елена Петровна Кассировăн тĕрĕс те витĕмлĕ сăмахĕсем, вĕсене вăл колхозниксемпе фермăра е механизациленĕ паркра, канашлура е пухура калать-и, пурин чĕри патне те çитеççĕ. Уйăхла пулма та пултараймасть: вăл халăх пурнăçне лайăхлатас, обществăна малалла аталантарас тĕллевпе ĕçлет. Çавăнпа ăна пĕтĕм Елчĕк тăрăхĕ савать.

Елена Кассировăн ĕçне тĕрлĕ енчен çутатса пама пулать. Çавна май Ленин ячĕпе хисепленекен колхоза нумай çул хушши ертсе пынă ĕçпе вăрçă ветеранĕ В. А. Горшков каласа панине итлер-ха.

— Пирĕн хуçалăхра Елена Петровна çиччĕмĕш çул кăна ĕçлет-ха. Апла пулин те, хăйне халăх шанăçне витĕмлĕ кăтартса пачĕ. 80-мĕш çулсен варринче, акă, ял культурине çÿлерех шая çĕклес тĕллевпе Аслă Елчĕкре художество тата çамрăксемпе ачасен спорт шкулĕсене, физиопрофилакторя уçас пирки ĕçлеме пуçларĕ. Паян вĕсем пурте пур, — тет Василий Андреевич.

Аслă Елчĕкре эпир çак кунсенче профсоюзсен ирĕклĕ физкультурăпа спорт обществин область совечĕн председателĕпе В. И. Ивановăпа тата облпрофсоветăн аслă инструкторĕпе З. Е. Баранниковăпа пĕрле пултăмăр. Вĕсем колхоз пурнăçĕпе тĕплĕн паллашнă хыççăн пĕр ÿстермесĕрех çапла каларĕç:

— Культура çуртĕ, сутуилÿ центрĕ, ясли-сад, вăтам шкул, художество тата спорт шкулĕсем — вĕсем пурте хуларинчен пĕртте начар мар. Юлашки çулсенче Аслă Елчĕкре ырă улшăнусем нумай пулса иртнĕ. Вĕсем хуçалăхри парти организацийĕн ĕçĕ-хĕлĕпе тачă çыхăннă.

Е. П. Кассировăн общество ĕçĕ те сахал мар. Вăл — ял Совечĕн депутачĕ, КПСС Елчĕк райкомĕн членĕ, профсоюзсен ДФСО область совечĕн членĕ, ДОСААФ активисчĕ. Пĕлтĕрхи декабрь вĕçĕнче Шупашкарта пулса иртнĕ профсоюзсен ДФСО область совечĕн III пленумĕнче Е. П. Кассировăна Канашри 892-мĕш Железнодорожнăй суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлама кандидата тăратрĕç. Партком секретарĕшĕн, республикăри паллă спортсменкăшăн çакă пачах кĕтмен çĕртен пулса иртрĕ, темелле. Эппин, Елена Петровнăна Елчĕк тăрăхĕнче кăна мар, республикăра та шанаççĕ, унран çĕнĕ ĕçсем, çĕнĕ çитĕнÿсем кĕтеççĕ.

Юлашкинчен хамăн сăмаха çирĕплетсе калам: шăпах Е. П. Кассирова пек çĕнетÿ çыннисем халăх шанăçне тÿрре кăларассишĕн пĕтĕм вăйне парĕç.

П. СИДОРОВ,
РСФСР халăх депутачĕн кандидачĕн довереннăйĕ.



Ю. Дмитриев фотоÿкерчĕкĕ.

# ЧЕРЕТЛĔ НОМЕР

**«Известия ЦК КПСС» журналăн пĕрремĕш номерĕ пичетленсе тухнă.**

Журнал партии Центральнăй Комитечĕн 1989 çулхи декабрьти ĕçĕ çинчен тата КПСС Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕнче, КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретариатĕнче пулса иртнĕ улшăнусем çинчен, КПСС Центральнăй Комитечĕн Россия бюровĕн составĕ çинчен пĕлтернипе уçăлать. Кунтах Центральнăй Комитетăн Политбюровĕн Студентсен Пĕтĕм Союзри форумĕн тĕп итогĕсем çинчен тата халăха апат-çимĕç продукчĕсем парса тăрассишĕн руководитель-коммунистсен ответлăхне ÿстересси çинчен калакан постановленисем пичетленнĕ. «ЦК постановленийĕсене мĕнле пурнăçлатта татса памаллине пырать. Çак тата ытти фактсемпе журналта пичетленекен материалсенче паллашма пулать.

КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи Парти контролĕн комитечĕ пĕлтернинче Амур облаçĕнчи хăшпĕр коммунист-руководительсем апат-çимĕç программине пурнăçланă чухне партипе государство дисциплинине пăснă фактсене пăхса тухни çинчен, ĕççыннисен çырăвĕсем тăрăх ирттернĕ тĕрĕслевсем тата йышăннă решенисене килĕшмесĕр çырса панă 37 жалобăна пăхса тухни çинчен каласа панă.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн 30—40-мĕш ... тиражĕсем çинчен данныйсем, партин кадрсен корпусĕнчи улшăнусем çинчен пĕлтернисем. КПССăн тĕпчерй çыхăнăвĕсен хроники.

«КПСС Центральнăй Комитечĕн почти» рубрикăра — 1989 çулта вулаканcем журнала янă çырусене тишкерни. К. М. Симонов 1978 çулта КПСС Центральнăй Комитетне янă çыру.

Номерĕн архив пайĕнче РКП(б) VIII съездĕн Программа комиссийĕн ларăвĕн протоколĕсене пичетленĕ. Л. А. Фотиева, Л. Б. Каменев тата И. В. Сталин пĕр-пĕрин патне çÿретнĕ çырусем Ленинăн «Съезда çырнă çырăвĕсе» çыхăннă лару-тăру çинчен кала...

# КИВВИ ВЫРĂННЕ ÇĔННИ Е?..

Халĕ, çĕнетÿ пуçланнăранпа пилĕк çул иртсен, тинех ăнланса илтĕмĕр: çÿлтен хушасса кĕтсе ларнипе хамăр пурнăçа тĕпрен улăштарса лайăхлатма çук. Магазинта апат-симĕç те, тавар та çителĕклĕ пултăр тесен, кашниех тăрăшмалла, унччен хинчен чылай лайăхрах ĕçлемелле. Çĕнетĕве парти ертсе пынă май, унăн çул кăтартса, пымалла, вăйсене пĕрлештермелле. Анчах та çакна курмаш пулни хамăра хамăр улталани пулĕччĕ: юлашки вăхăтра парти çĕнетÿре общество шухăш-кăмăлĕн аталанăвĕçчен юлса пыма пуçларĕ, халăх ыйтăвне тивĕçтерейместь.

Парти ятне каллех çÿллĕ шая çĕклес тесен, КПСС XXVIII съездне хатĕрленнĕ май, вăл ку коммунист мĕн ... çынсене министерствăсемпе ведомствăсен руководителĕсем йышăнаççĕ, консультаци параççĕ.

Шупашкарти ытти политклубсене пухăнма та КПСС обкомĕн Политвĕренÿ çуртĕнче вырăн параççĕ. Çапла вара ку енĕпе чăрмав çук. Анчах маларах асăннă икĕ политклуб мĕншĕн саланнă-ха? Кирлĕ марри-и? Сынсене политикăра хутшăнтарас, вĕсен обществăри активлăхне ÿстерес тĕлĕшпе политклубсем пысăк пĕлтерĕшлĕ. «Диалог» политклуба КПСС обкомĕ çав тĕллевпе йĕркеленĕ те.

Сĕнĕрен йĕркеленĕ «Альтернатива» политклуба ертсе пыраканcемпе унта çÿрекенсенчен чылайăшĕ — «Сĕнетĕве пулăшакан коммунистсемпе ... пирки каланă май, С. Угодин çакăн пек ыйту хускатрĕ: ĕççыннисем политикăна активлă хутшăнма тытăннă условисенче партие, сав ырă пулăмпа пĕлсе усă курса, çĕнетĕве малалла яма мĕн чарса тăрать-ха? Халăхпа сирĕп çыхăну çукки, парти аппарачĕнче ĕçлекенсем ытисен шухăш-кăмăлне лайăххăн пĕлменни. Парти ĕçне тĕпрен çĕнетсе улăштарма аппарат унчченхиллех юлни те чăрмантарать. Хăшпĕр хуласенче парти енчен темиçе çыпăклă ертсе пырассине сиввĕн йышăнаççĕ — партин хула комитетне пĕтерсе, райкомĕсене кăна хăварнă, е райкомсем вырăнне пĕр хула комитечĕ çес тунă. Мĕншĕн пирĕн патăрта çавăн пирки шутласа пăхас мар? Парти органĕсене халăхпа çыхăнлатĕччĕ...

«Альтернатива» политклуб занятийĕнче вунă çынран та каярах пулнă. Иккĕмĕш занятие вăтăр çынна яхăн пухăнчĕ. Пурте тенĕ пекех вăтам çулхи тата утмăлалла çывхаракан çынсем. Çамрăксенчен никам та пулмарĕ. Çакă политклуба пынисене хытах шухăшлаттарчĕ. «Диалог» политклубăн иртнĕ занятийĕнче РСФСР, Чăваш АССР тата вырăнти Советсен халăх депутачĕсене суйлама кандидатсем тăратас ĕç мĕнле пынине ятарласа тишкерсе тухнăччĕ. «Альтернатива» политклуба çÿрекенсенчен пĕр пайĕ унта та хутшăннă, çавна май республикăра суйлава мĕнле хатĕрленнине пĕлмесçе мар. Халăх депутачĕсем пулма çамрăксене кандидата сахал тăратни пирне те хумхантарчĕ.

...та çук. Кун пек чухне «...ный котельщик», «Ростовуголь» тата ассоциацин ытти членĕсем пулăшаççĕ.

## Муром

Владимир облаçĕнчи Муром хулинчи радиозаводра туса кăларакан çĕнĕ йышши «Былина-317» автомагнитолăсем унчченхи моделĕсенчен 100 тенкĕ яхăн йӳнĕрех пулĕç. Çĕнĕ продукцие завод конвейерĕнчен тухма тытăннă ĕнтĕ. Автомашинăсен хуçисем ку моделе йӳнĕ пулнине кура кăна мар туянĕç. Çĕнĕ магнитолана пахалăхĕпе те, шанчăклăхĕпе те, илемлĕхĕпе те чылай уйрăлса тăрать.

## Рига

Латвири профессии союзĕсен совечĕсен решенийĕпе малашне республикăра Пĕтĕм Союзри тата республикăри социализмла ăмăртусене ирттерме пăрахассĕ. Вĕсем шутланă тăрăх, ăмăрту вăл социализмла рынокра палăрмалла, ярмăрккăсемпе аукционсенче, тавар биржисенче ĕç ăнни çынсемшĕн парне пулмалла. Профсоюзсем çавăн пекех заводри ăмăртусене те хутшăнма пăрахĕç. Çакна ĕç коллективĕсен совечĕсем туса пымалла, анчах çĕнтерӳçĕсене палăртнă чухне профсоюзсем айккинче тăрса юлмĕç.

## Минск

Сывлăшран тапăнасран хӳтĕлекен Минскри аслă инженери зенит ракетин училищинче вĕренекенсемпе преподавательсем тăлăх ачасем валли ятарлă счет çине 1000 тенкĕ пухса куçарса панă. Центрти телевиденипе ыркăмăл акцийĕн телемарафонне кăтартнă хыççăн çак ĕç çар çыннисен ачисем вĕренекен мĕнпур округри гарнизонсенче, шкулсенче сарăлса пырать.

## Мускав

Çак кунсенче çĕршыв столицинче Совет нимĕçĕсен «Возрождение» обществин Пĕтĕм Союзри конференцийĕ вĕçленнĕ. Делегатсем совет нимĕçĕсен наци аталанăвĕн ыйтăвĕсене сӳтсе явнă, вĕсене татса памалли çул-йĕрсене палăртнă. Атăл тăрăхĕнче Нимĕçсен автономине тепĕр хут туса хумалли майсем çине тимлĕ пăхнă. Ку ыйту тăрăх конференцире чылай документ йышăннă.

## Архангельск

Архангельскра «Планета — пирĕн çурт» девизпа ача-пăча ӳкерчĕкĕсен пĕтĕм тĕнчери выставки уçăлнă. Ăна «Эпир тата тĕнче» обществăлла организаци йĕркеленĕ. Унăн тĕллевĕ — тĕрлĕ çĕршыв халăхĕсем хушшинчи çыхăнăва çирĕплетесси, халăх дипломатине аталантарасси. Выставкăра пухăннă укçа-тенке Совет Союзĕн Ача-пăча фондне тата Мир фондне куçарассĕ.

---

Журнал партии Центральнăй Комитечĕн 1989 çулхи декабрьти ĕçĕ çинчен тата КПСС Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕнче, КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретариатĕнче пулса иртнĕ ларусем çинчен, КПСС Центральнăй Комитечĕн Росси бюровĕн составĕ çинчен пĕлтерипе усăлать. Кунтах Центральнăй Комитетăн Политбюровĕн Студентсен Пĕтĕм Союзри форумĕн тĕп итогĕсем çинчен тата халăха апат-çимĕç продукчĕсем парса тăрассишĕн руководитель-коммунистсен ответлăхне ӳстересси çинчен калакан постановленисем пичетленнĕ. «ЦК постановленийĕсене мĕнле пурнăçлаççи тĕрĕслетпĕр» рубрикăпа партии Центральнăй Комитечĕн хăшпĕр постановленийĕсене мĕнле пурнăçлани çинчен каласа паракан материалсем пичетленсе тухнă.

Журнал КПСС Центральнăй Комитечĕн социаллă пурнăçпа экономика политикин ыйтăвĕсемпе ĕçлекен комиссийĕн ларăвĕ çинчен каласа парать, унта экономика реформине тарăнлатас, çавăн пекех государство строительстви валли уйăракан укçа-тенкĕ эффективлăхне ӳстерес тата строительствăра хуçалăх механизмне çĕнетсе лайăхлатас ыйтусене сӳтсе явнă.

КПСС Тĕп ревизи комиссийĕн бюровĕ Центральнăй Комитетăн пĕтĕмĕшле пайĕн справка паракан тата ĕççыннисене йышăнакан пӳлĕмĕн ĕçне пăхса тухнă. Тишкерӳ çакна кăтартса парать: çак пӳлĕмре йышăннă граждансенчен 65 проценчĕ ытла КПСС Центральнăй Комитетне хăйсен ыйтăвĕсене вырăнта татса паманнипе пырать. Çак тата ытти фактсемпе журналта пичетленекен материалсенче паллашма пулать.

КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи Парти контролĕн комитечĕ пĕлтернипе Амур облаçĕнчи хăшпĕр коммунист-руководительсем апат-çимĕç программине пурнăçланă чухне партипе государство дисциплинине пăснă фактсене пăхса тухни çинчен, ĕççыннисен çырăвĕсем тăрăх ирттернĕ тĕрĕслевсем тата йышăннă решенипе килĕшмесĕр çырса панă 37 жалобăна пăхса тухни çинчен каласа панă.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн 30—40-мĕш çулсенче тата 50-мĕш çулсен пуçламăшĕнчи тапхăрта çынсене сăлтавсăрах хĕсĕрленипе çыхăннă материалсене çĕнĕрен тишкерекен комиссийĕн документĕсем «Ленинградри Сафаровăн, Залуцкин тата ыттисен зиновьевла контрреволюцилле ушкăнĕ» текен ĕçпе паллаштараççĕ.

«КПССăн XXVIII съезчĕ тĕлне» уйрăмра журнал КПССăн çĕнĕ Уставĕ пирки Центральнăй Комитета килекен сĕнӳсемпе, партин Свердловск облаçĕнчи организацийĕнче иракан дискуссипе, КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи Обществăлла наукăсен академийĕнче пĕр партилĕхпе нумай партилĕх ыйтăвне сӳтсе явнипе паллаштарать.

Номерти ытти материалсенче — Украина Компартийĕн Центральнăй Комитечĕн, КПСС Мускав хула комитечĕн, КПСС Ленинград, Ярославль обкомĕсен, Хабаровск крайкомĕн суйлав умĕнхи платформисем, парти статистики, центрта тухса тăракан хăшпĕр хаçатсемпе журналсен ...сем. КПССăн тĕпĕнчи çыхавăсен хроники.

«КПСС Центральнăй Комитечĕн почти» рубрикăра — 1989 çулта вулакансем журнала янă çырусене тишкерни, К. М. Симонов 1978 çулта КПСС Центральнăй Комитетне янă çыру.

Номерĕн архив пайĕнче РКП(б) VIII съезчĕн Программа комиссийĕн ларăвĕн протоколĕсене пичетленĕ, Л. А. Фотиева, Л. Б. Каменев тата И. В. Сталин пĕр-пĕрин патне çӳретнĕ çырусем Ленинăн «Съезда çырнă çырăвĕпе» çыхăннă лару-тăру çинчен каласа параççĕ. Журнал çĕнĕ рубрика уçать, «Аслă Отечественнăй вăрçă историйĕнчен» ятлă вăл. Çак рубрикăпа вăрçă умĕнхи, çавăн пекех вăрçă вăхăтĕнчи халиччен пĕлмен ĕçсене çутатса паракан материалсем пичетлеме, совет халăхĕ фашизма хирĕç кĕрешнин паттăрла тата хурлăхлă историне тĕрĕс кăтартса пама тивет. Номерте пичетленекен документсем 1935—1940 çулсенчи ĕçсем çинчен каласа параççĕ. Вĕсен шутĕнче — М. Н. Тухачевскин «Гитлерăн вăрçă плачĕсем» алçырăвĕ (ун çине И. В. Сталин тӳрлетӳсем кĕртнĕ), ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн хăшпĕр постановленийĕсем, çар руководителĕсем партин Центральнăй Комитетне янă çырусем, çавăн пекех 1940 çулхи май уйăхĕнче С. К. Тимошенко К. Е. Ворошиловран СССР наркоматĕн вырăнне йышăнни çинчен калакан акт. Архив пайĕн вĕçĕнче — «Известия ЦК РКП(б)» журналăн 1920 çулхи пĕрремĕш номерне тишкерни.

---

## Идеологи ĕçĕ: çĕнетӳ çулĕпе

...хушасса кĕтсе ларнипе хамăр пурнăçа тĕпрен улăштарса лайăхлатма çук. Магазинта апат-çимĕç те, тавар та çителĕклĕ пултăр тесен, кашнийĕн тăрăшмалла, унччен хинчен чылай лайăхрах ĕçлемелле. Çĕнетĕве парти ертсе пынă май, унăн çул кăтартса памалла, вăйсене пĕрлештермелле. Анчах та çакна курмаш пулин хамăра хамăр улталани пулĕччĕ: халăхри вăхăтра парти çĕнетӳре общество шухăш-кăмалĕн аталанăвĕнчен юлса пыма пуçларĕ, халăх ыйтăвне тивĕçтерейместь.

Парти ятне каллех çӳлле çĕклес тесен, КПСС XXVIII съездне хатĕрленнĕ май, вăл е ку коммунист мĕн тума пултарать? Кĕрешӳре малти вырăна йышăнма хăшпĕр парторганизацисене мĕн чăрмантарать? Çĕнетĕве мĕнле пулăшмалла? Çакă хальхи вăхăтра пурне те хумхантарать. Çавăнпа ĕнтĕ, çулĕсемпе самрăк мар пулин те, Шупашкарти коммунистсен пĕр ушкăнĕ «Альтернатива» ятлă политклуб йĕркеленĕ.

— КПСС ретĕнче 1977 çултанпа тăратăп. Ĕçе тивĕçлипе тума пысăк пĕлӳ кирлине кура техникум, унтан университет пĕтертĕм. Экономика ыйтăвĕсене лайăх пĕлменни ĕçре чăрмантарнине туйса илтĕм те, халăх хуçалăх институтне вĕренме кĕтĕм. Çĕршыв экономикине вăйлатас тĕлĕшпе кооперативсем те пысăк ĕç тума пултараççĕ. Парти кооперативсен майĕсемпе анлăн усă курма чĕнет. Хам пултарнине кăтартса парас тесе, кооператив йĕркелерĕм. Партие çĕнетӳре ĕçпе пулăшса пыратăп, — терĕ политклуб ларăвĕнче чи малтан сăмах илсе Н. Михайлов, Шупашкарти коммунистсем политклуб йĕркелени çинчен илтсен унта хутшăнма Çĕнĕ Шупашкартан ятарласа килнĕскер. Ăна политклуба ертсе пыракансенчен пĕри пулма суйларĕç.

Малтанах çакна калани кирлĕ-тĕр: Шупашкарта пĕлтĕр темиçе политклуб та йĕркеленнĕччĕ. Çамрăксен «Париж коммуни» политклубĕ те, «Çĕнетĕве пулăшакан коммунистсемпе партире тăманнисен союзĕ» текенни те. КПСС обкомĕ йĕркеленĕ «Диалог» политклуб çеç хăйĕн малашлăхĕпе вăйне кăтартрĕ. Вăл КПСС обкомĕн Политвĕренӳ çуртĕнче кашни уйăхра тенĕ пекех пухăнать, унта пин çынна яхăн пырать. Мĕнле кăна сивĕч ыйту хускатмассĕ пулĕ «Диалог» политклубăн занятийĕсенче! Унта панă ыйтусемпе сĕнӳсем тăрăх мĕнлерех мерăсем йышăнни çинчен хаçат урлă пĕлтерессĕ, тепĕр занятире каласа кăтартассĕ. Заняти умĕн кашни хутĕнчех ...консультаци парассĕ.

Шупашкарти ытти политклубсене пухăнма та КПСС обкомĕн Политвĕренӳ çуртĕнче вырăн парассĕ. Çапла вара ку енĕпе чăрмав çук. Анчах маларах асăннă икĕ политклуб мĕншĕн саланнă-ха? Кирлĕ марри-и? Çынсене политикăпа хутшăнтарас, вĕсен обществăри активлăхне ӳстерес тĕлĕшпе политклубсем пысăк пĕлтерĕшлĕ. «Диалог» политклуба КПСС обкомĕ çав тĕллевпе йĕркеленĕ те.

Çĕнĕрен йĕркеленĕ «Альтернатива» политклуба ертсе пыракансемпе унта çӳрекенсенчен чылайăшĕ — «Çĕнетĕве пулăшакан коммунистсемпе партире тăманнисен союзĕ» ятлă политклубра пулнисем. Калăпăр, çак политклуба ертсе пыракансенчен пĕри пулнă С. Угодин коммунист — «Альтернатива» политклуб руководителĕсенчен пĕри. Иккĕмĕш занятире, хам унта хутшăннă май, акă мĕн шутласа илтĕм: вăл та, унччен хи политклуба ертсе пынă, хальхи политклуба йĕркеленисем те пĕр самантра шута хумассĕ — политклуб усăмлă планпа ĕçлемелле-ске-ха, кашни занятирех уйрăм ыйтăва сӳтсе явмалла. «Диалог» политклуб совечĕ шăпах çапла тăвать. Халĕ йĕркеленнĕ «Альтернатива» политклубра çакă çитмест. Чăн та, С. Угодин малашне хăш ыйтусене пĕрле сӳтсе явни вырăнлăрах пулни çинчен пĕлтерчĕ. Çак ыйтусене сĕнчĕ: КПССăн обществăри тата çĕнетӳри вырăнĕ, партие çĕнетӳре мĕн çитмест, партин çĕнĕ Уставĕ мĕнлерех пулмалла, хăшпĕр коммунистсем партирен мĕншĕн тухаççĕ?

— Эпĕ КПСС ретĕнче 28 çул тăратăп. Анчах та ертсе пыракан органсене суйлама тӳрремĕнех пĕрре те хутшăнман. Тĕрĕссипе, парти — кашни коммунистшăн, кашни коммунистах — партишĕн ответлă тесе калатпăр пулсан, ертсе пыракан органсене кама суйласси çинчен эпĕ те хамăн сăмаха калама тата хутшăнма тивĕçлĕ. Çавăнпа та районти тата хулари партконференцисене делегатсем мĕнлерех суйласси мана текех интереслентермесĕр тăма пултараймасть, — терĕ С. Угодин. Районсемпе хуласенчи тата облаçри партконференцисене кайма делегатсем суйланă чух темиçе кандидат тăратма сĕнсе. Кашни коммунистах тивĕçлĕ çынна суйласа илме пултартăр.

Партин çĕнетӳри вырăнĕ ...çынисем политикăпа активлă хутшăнма тытăннă условисенче партие, çак ырă пулăшпа пĕлсе усă курса, çĕнетĕве малалла ăна мĕн чарса тăрать-ха? Халăхпа çирĕп çыхăну çукки, парти аппаратĕнче ĕçлекенсем çынсен шухăш-кăмăлне лайăххăн пĕлменни. Парти ĕçне тĕпрен çĕнетсе улăштарма аппарат унччен хиллех юлни те чăрмантарать. Хăшпĕр хуласенче парти çинчен темиçе сыпăклă ертсе пырассине сивлерĕ — партин хула комитетне пĕтерсе, райкомĕсене кăна хăварнă, е райкомсем вырăнне пĕр хула комитечĕ çеç туни. Мĕншĕн пирĕн патăрта çавăн пирки шутласа пăхас мар? Парти органĕсене халăхпа çывăхлатĕччĕ çакă.

— Астуса юлтăр пулĕ, халăх депутачĕсен иккĕмĕш съездĕнче М. С. Горбачев та, тухса каланă хăшпĕр депутатсем те çĕнетӳ ăнăçлăхĕ чи малтанах вырăнсенче мĕнле тăрăшнинчен, пиртен пуриннчен те — коммунистсенчен те, партире тăманнисенчен те тӳрремĕнех килнине палăртрĕç. Питĕ тĕрĕс. Сăмахпа мар, ĕçпе тумалла çĕнетĕве. Ку тĕлĕшпе хам пултарнине пĕтĕмпех тума тăрăшатăп, — терĕ В. Тетерин.

— Эпĕ платник. Çĕнĕ Шупашкарта ĕçлетĕп. Чăн, эпĕ унччен сăмахпа каланипех ĕç пулать тесе шутланă. Манăн сăмаха çӳлти органсем илтессĕ те туса парассĕ, тенĕ. Тĕрĕссипе, хамăра кирлине хамăрăн тумалла-ске. Сăмахпа каланипе çырлахса, пĕри те тепри çитменлĕхсене такам килсе пĕтересе кĕтсе ларсан, пурнăç малалла кайĕ-и? Çук. Çавăнпа хама улăштарма тытăнтăм. КПСС Шупашкар райкомĕн аппаратĕнче ĕçлекенсене хăшпĕр çитменлĕхсем пирки каласа кăтартасшăнччĕ, пĕтерме пулăшасшăнччĕ. Ыйтрăм пулин те, парти райкомĕн пленумне чĕнмерĕç. Пленум хăçан пуласса пĕлсен, ӳркенмесĕрех кайрăм, унта хутшăнакансемпе каласрăм. «Аргументы и факты» хаçата хĕсни пирки хам мĕн шутлани çинчен каласа кăтартса, пĕрле Мускава телеграмма яма сĕнтĕм. Мана пурте килĕшрĕç. Суйлав кампанийĕ вăхăтĕнче те кашнийĕ çапла пĕлтерме пултаратпăр-ске хамăр шухăш-кăмăла. Советсене ертсе пыма халăхра авторитетлă çынсене суйласа илме пулăшма пултаратпăр, — терĕ А. Казанков, ытти интереслĕ сĕнӳсем те парса.

Пĕркеленĕ чухне «Альтер-... ...ни вуна çынран та кая рах пулнă. Иккĕмĕш занятие вăтăр çынна яхăн пухăнче. Пурте тенĕ пекех вăтам çулхи тата утмăлалла çывхаракан çынсем. Çамрăксенчен никам та пулмарĕ. Çакă политклуба пынисене хытах шухăшлаттарчĕ. «Диалог» политклубăн иртнĕ занятийĕнче РСФСР, Чăваш АССР тата вырăнти Советсен халăх депутачĕсене суйлама кандидатсем тăратас ĕç мĕнле пынине ятарласа тишкерсе тухнăччĕ. «Альтернатива» политклуба çӳрекенсенчен пĕр пайĕ унта та хутшăннă, çавна май республикăра суйлава мĕнле хатĕрленнине пĕлмессĕ мар. Халăх депутачĕсем пулма çамрăксене кандидата сахал тăратни пурне те хумхантарчĕ. Яшсемпе хĕрсен пурнăçри активлăхне ӳстерес тĕлĕшпе мĕн тумалли çинчен те сăмах хускатрĕ. Хăйсем ку тĕлĕшпе мĕн тума пултарни çинчен каласа кайса, кашни коммунист, ĕçре пиçĕхнĕ мĕнпур çын çамрăксемпе çыхланма кирлине палăртрĕç.

Ĕçлеме пăрахнă политклубсенче чылайăшĕ хăйне кам мĕнле кӳрентерни, ыйтăва татса памани, бюрократсем пирки каласатчĕ. Çавна май çав политклубсем жалобăсен бюровĕ пулса тăнăпа пĕрехчĕ, политика ыйтăвĕсене сӳтсе явасси кайри вырăна юлатчĕ. «Альтернатива» политклубра та хăшпĕрисем каласăва хăйсен кӳренĕвĕ çине куçарма пăхрĕç. Политклуба ертсе пыракансем те, унта çӳрекенсем те малтанах çапла калаççа татăлчĕç: политклубра политика ыйтăвĕсемпе калаçмалла, пĕр-пĕр ыйтăва татса парассипе тухса тăнă чăрмавсем пирки «Диалог» политклубăн черетлĕ занятийĕ умĕн министерствăсемпе ведомствăсен ответлă работникĕсемпе тĕл пулнă чух вĕсемпе калаçмалла. Çавăн усси пур. Кун та «Альтернатива» политклубăн занятийĕнче, юристсемпе ытти специалистсем çук пирки, тĕрлĕ жалобăсем йышăнни мĕн усă парĕ? Бюрократа тепĕр ĕç туни çеç ку — кайран калаçтармалли япала çеç.

КПСС XXVIII съездне тата халăх депутачĕсен суйлавне хатĕрленнĕ, партин çĕнĕ Уставĕ мĕнлерех пулмалли çинчен сӳтсе явнă тапхăрта, паллах ĕнтĕ, коммунистсемпе партире тăманнисен шухăш-кăмăлне пĕлсе тăни питĕ кирлĕ. Шел, КПСС Шупашкар хула комитечĕпе Ленин, Мускав тата Калинин райкомĕсен ответлă работникĕсем пĕри те «Альтернатива» политклубăн занятине хутшăнмарĕç. Хамăр вара парти аппарачĕн работникĕсем яланах халăх хушшинче пулмалла тесе калатпăр...

И. МАТРОСОВ.

---

# ЖУРНАЛИСТСЕН СЕМИНАРĔ

Етĕрне районĕнче экономика темипе çыракан журналистсен семинарĕ пулса иртнĕ. Ăна Чăваш АССР Журналистсен союзĕ йĕркеленĕ.

Семинара Горький облаçĕнчи Воротынец, Спасское, Лысково, Кстово районĕсенчи тата пирĕн республикăри хăшпĕр районсенчи журналистсем хутшăннă. Пухăннисене район руководителĕсем ăшшăн йышăннă. КПСС райкомĕнче пулса иртнĕ тĕлпулура унăн пĕрремĕш секретарĕ Л. С. Софронов хăнасене районти парти организацийĕсенче çĕнетӳ епле пыни, çĕнĕ экономика реформине мĕнле пурнăçа кĕртни çинчен каласа панă.

Унтан журналистсем Тимирязев ячĕпе хисепленекен колхозра пулса курнă. Ку хуçалăх нумаях пулмасть çулталăкра 400 тонна таран сысна ашĕ хатĕрлемелли тăвакла комплекса Горькири «Двигатель революции» завода сутнă пулнă.

Кунта тепĕр темиçе уйăхран çак предприятин филиалне уçаççĕ. Халĕ унчченхи сысна ĕрчетекен комплекс пулнă вырăнта çуртсене реконструкци тăваççĕ, оборудовани вырнаçтараççĕ. Çак ĕçсене вĕçленĕ хыççăн трактор урапиsем валли запас пайсем, газ плитисем тата ытти таварсем каларма тытăнаççĕ.

Филиалра çĕнĕ коллектив чăмăртанать. Кунта 500 çын ĕçлеме тытăнать. Вĕсенчен нумайăшĕ «Двигатель революции» заводра хăйсен ăсталăхне ӳстернĕ. Социаллă пурнăç ыйтăвĕсене те татса параççĕ. Çурт-йĕр тума кăмăл тăвакансене предприяти кивçен укçа парать. Çак тата ытти фактсене хăйĕн сăмахĕнче филиал директорĕ П. И. Лукиянов илсе кăтартнă.

Семинара хутшăннисем «Ленинская искра» колхозра пулса курнă. Кунта вĕсем çутçанталăка сыхламалли объектсемпе паллашнă, участок больницинче, художество шкулĕнче пулнă. Колхоз правленийĕнче хуçалăх председателĕпе, СССР халăх депутачĕпе А. П. Айдакпа интереслĕ калаçу пулса иртнĕ. Вăл журналистсен нумай ыйтăвĕсем çине ответленĕ.

В. КОМИССАРОВ.

# ЮРАТНĂ ĔÇРЕ

Канаш районĕнчи Ямашри кĕнеке магазинĕнче ачасемпе тĕрлĕ çулти çынсем яланах йышлă. Вĕсем кунта хăйсене кирлĕ литература, тĕрлĕрен канцеляри таварĕсем туянма куллен килеççĕ. Вĕсен ыйтăвне суту-илӳре 38 çул, вăл шутра кĕнеке магазинĕнче 23 çул ĕçлекен Н. В. Федорова тивĕçтерет.

Кĕнеке сутмалли плансене çуллен ирттерсе тултарать вăл. Пĕлтĕр, акă, 17.800 тенкĕлĕх кĕнеке сутмалла пулнă, 18.700 тенкĕлĕх сутнă. Ĕçри ӳсĕмсемшĕн Нина Владимировнăна райпо Хисеп грамотипе хаклă парнесем, укçан премипе парса нумай хутчен хавхалантарнă, «Ĕç ветеранĕ» медаль илме те тивĕç пулнă вăл.

Х. ГОРДЕЕВ, обществăлла корреспондент.

---

## «КОММУНИЗМ ЯЛАВНЕ» ОТВЕТЛЕÇÇĔ

Пĕлтĕр çак ятпа пичетленнĕ критикăлла статьяна Свердлов ячĕпе хисепленекен колхоз правленийĕн ларăвĕнче тата хуçалăхри уполномоченнăйсен пухăвĕнче, колхозри ытти бригадăсенче сӳтсе явнă.

## «Виççĕн... виçĕ еннелле»

Профилактика кунне ирттерме хутшăнманшăн колхозăн тĕп инженерне Я. Н. Николаева, юсав мастерскойĕн заведующине Н. С. Степанова тата Шорчекассинчи ĕне фермин заведующине В. М. Семенова выговор панă.

Колхозри партбюрон анлă ларăвĕнче халăх депутачĕсен Шемшер ял Совечĕн ĕçтăвкомне (председателĕ В. Е. Васильев), хуçалăхри профкома (председателĕ Н. В. Иванов) вырăнти Советăн яланхи комиссийĕсен, юлташла судăн, ĕçкĕпе иртĕхекенсене хирĕç кĕрешекен комиссин ĕçне лайăхлатма, производствăра малта пыракан, хăйсене йĕркеллĕ тытакан çынсенчен ирĕклĕ халăх дружини йĕркелеме сĕнчĕ.

КПСС райкомĕ колхозра халăха право пĕлĕвĕсем парас тата профилактика ĕçĕсем тăвас ыйтăва малашне çивĕчрех контроллесе тăрĕ.

В. ПЕТРОВ.
КПСС Шупашкар райкомĕн иккĕмĕш секретарĕ.

# КАМ ХӲТĔЛĔ ТĂВАН ТАВРАЛĂХА?

## 1. Химӣ чукмарĕ

БАРМАНТАН тавранаттăм ун чухне...

Кунĕ шăрăх, хĕвел çунтарать кăна. Çуле тусанлă, пăчă. Анкартине кĕрес терĕм. Кантарти пек, пахчарах помидорсем иртерех пиçеççĕ. Татса кĕрем-ха, текелесе, унччене çитнĕскер, анкарти хыснелле пăрантăм. Сасартăк манăн сăмсана дуст шăрши пырса çапрĕ. Шĕтĕрнек хушшисемпе тинкертĕм. Марье акка сăмсипе тути çăварне марльăпа сыхса лартнă та çĕрулми çеçкисем çине сав ДДТ текен наркăмăша йăсарлантарать кăна.

ДДТ... Ун сиенĕ çинчен сахал мар çырчĕç ĕнтĕ. СССР Сывлăх министерстви ăна 1970 çултах кăларма чарнă. Ăçтан тупнă ăна Марье акка? Е вăйлă наркăмăш пулнине пĕлмест-и?

— Тупса парчĕç. Ăçтан? Химзаводран, ара, — хуравларĕ Марье акка май ыйтусем çине.

Çĕрулми çеçкисем çинче çăнах пек шап-шурах выртать ДДТ. Эпĕ ун сиенĕ çинчен хам пĕлнĕ пек ăнлантаратăп Марье аккана. Вăл тавата çул кăна вĕреннĕ, химӣ препарачĕн сиенне пĕлсех каймасть.

— Хам та, хĕрĕм те, мăнуксем те чирлеççĕ, — таварать вăл каштах шухăшласа тăрсан. — Çак наркăмăш чирлеттерет апла.

Вăрнарти химӣ завочĕ Мăнъял Хапăсран улта çухрăмра кăна. Ку ялтан нумай çын ĕçлет унта. Ватăраххисем е çулланнисем аван астăваççĕ: завода вăтăрмĕш çулсен пуçламăшĕнче фосфорит çăнахĕ авăртма лартнă. Фосфорит чулне Вăрнартан пĕр вунпилĕк çухрăмри Йăрар тавайккинче кăларатчĕç. Ăна турттарса килме ансăр чукун çул хывнăччĕ. Вăл Салука вăрманĕпе пирĕн ял çывăхĕнченех иртетчĕ.

Халĕ ДДТ кăлараççĕ тени канăç памарĕ мана. Çулла вăхăт тупаймарĕ, кĕркунне пуçламăшĕнче вара виçĕ кун хушши пултăм заводра...

Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче оборона валли ĕçленĕ завод. Вăрçă чарăнсассăн, химӣ продукцийĕ туса кăларма пуçланă. Ун чухнехи тапхăрта химӣ сиенлĕхĕ çинчен специалистсем кăна пĕлнĕ. Сейфра упраннă химӣ хура хыпарĕсем. Пĕлсех, çав тапхăрта химӣ заводне хупса хума никам та ирĕк паман пулĕччĕ. Ун чухне хупма шухăша та илмен, апла пулсан. Вăрнар çыннисем ĕçсĕр тăрса юлнă пулĕччĕç. Тĕллевĕ те пĕрре пулнă пиуĕк: завода этем ĕретлĕ ĕçлеттересси. Çавна май, 1966 çулта, завод кăшшĕсене тасатмалли сооруженисем тума тапратнă. [illegible]

вара шыв шарлаттарса юхать. Вăрнар шывĕ çине юхса тухать. Лаборатори тĕрĕслевĕсем ахаль те химӣ завочĕ Вăрнар юханшывне тĕрлĕ имçамсем лектернине пĕрре мар кăтартнă. Вуншар çул ĕнтĕ завод ДДТ тустне, гексахлоран çăнахне кăларать. Кусем этем сывлăхĕшĕн питĕ те хăрушă наркăмăшсем.

Вăрнар райĕçтăвкомĕ 1987 çулхи августăн 17-мĕшĕнче хăйĕн ларăвĕнче 1990 çулта ДДТ тата çăнах йышши гербицидсене кăларма чарас тесе, постановлени йышăнчĕ. Ку ĕнтĕ хут çинче çеç мар, чăннипех советсен право ӳсние кăтартать. 1988 çулта завод 1600 тонна ДДТ препарачĕ, 27 пин тонна гексохлоран кăларнă. Кама кирлĕ-

пулма пултарать, теççĕ çак завод пирки химӣ ăстаçисем.

Мĕншĕн-ха хирĕç? Чи малтанах экономикăна илер. Завода тума 385 миллион тенкĕ тăкакламалла. Халлĕхе Вăрнарта строительство бази те çук, строительсем çитмеççĕ, наркăмăшлă япаласемпе ĕçлеме хăнăхнă специалистсем сахал. Паянхи вăйпа, паянхи шайпа ĕçлес тесессĕн, завода тепĕр 12—15 çулсăр ĕçе ямалли майсем çук. Хăçан саплаштарĕ вăл çак тăкака? О. Е. Насакин профессор каланă тăрăх, тата 22 çултан кăна завод çак пысăк тăкака чатшалăха тавăрса пама пуçлать. Поликарбонат кăларнă чух фосгенпа кăна мар, ртуть тытакан каустика содипе ĕçлемелле-çке.

*Пирĕн публицист трибуни*

ха çак наркăмăшсем? 1970 çултах СССР Сывлăх министерстви ДДТ препарата кăларма чарать, анчах сав çултанпах хăй усă курма пăрахмасть. Унпа ку таранччен ача-пăча сурчĕсенче, пионер лагерĕсенче хăнкăла, тараканесене тата пыйтă-шăркасене пĕтерме усă кураççĕ иккен. Епле икĕпитленмелле Сывлăх министерствин? Сыватас чухне, халăх сывлăхне сыхлас вырăнне, пирĕн пулас ăрăва хăй наркăмăшлать иккен. Çавăнпа мар-и, кăкăр ачисен вилес проценчĕ вуншар çул хушши пĕр вырăнтах тапăртатса тăрать.

Ку кивĕ завод пирки. Халь Вăрнар халăхĕ поселокăн хĕвелтухăç енне лартма палăртнă поликарбонатсем кăларакан тепĕр завод çинчен хĕрсех калаçать. Ку завода лартас пирки никам та Вăрнар халăхĕнчен ыйтман, кăна Мускаври удобренисен министерстви, Киеври Ӳсентарансене сыхлакан япаласене кăларакан проект институчĕ тата пирĕн республикăри пуслăхсем аталанусăр тапхăрта йышăннă. Халь, сăнарлăрах каласан, хĕрне çураснă хысçăн, каялла тавăрасси çинчен сăмах пырать.

Çапла, икĕ ушкăна пайланчĕç Вăрнар çыннисем. Лартас, теççĕ пĕрисем. Сăр юханшывĕнчен пăрăхсем тăрăх илсе килес, шыв çителĕклĕ пулать, халь вăл ситменнипе аптарать. Поселок 100 пин тăваткал метр чухлĕ сурт-йĕрсем лартма палăртнă проектпа. Поселокра хваттер илес текенсен йышĕ пысăк. Врачсене, учительсене, рабочисене хваттер тивĕçмест халь. Çĕнĕ завода ярсассăн, ку ыйту та татăлать. 1200 ача вĕренмелĕх çĕнĕ шкул, 560 ача валли сад, 800 çын вырнаçмалăх Культура кермĕнĕ, йăла комбиначĕ, 200 çын каймалăх профилактори тума шантараççе химиксем. Больницăна сарма палăртассе. Паян больницă пысăк йывăрлăхра [illegible]

Юрать, проектсемпе çураçма та пулать, фосгена пĕр смена ĕçлемелĕх вырăнтах кăларĕç, анчах ртуть йывăр металсен шутне кĕрет. Ăна тасатасси питех те кăткăс ĕç. Тавраш, çĕр айĕнчи шывсене вараласа хăрушлăха пĕтерме пулать-и? Е çук-и? Паянлăха татса паман ыйту ку.

Хитре те илемлĕ Вăрнар тавралăхĕ. Поэтсем ун пирки сăвăсем çырчĕç. Çак тавралăха пĕтерес хăрушлăх çĕнĕ завода туса лартсан, темиçе хут та ӳсет. Химиксен сĕмсĕрлĕхĕ халех курăнчĕ ĕнтĕ. 1957—1960 çулсенче районти комсомолецсемпе шкул ачисем 2000 гектар ытла хăйăрлă çĕрсем çинче чăрăшпа хыр лартса хăварнăччĕ. Сывă та тĕрĕс-тĕкел çитĕнчĕç вĕсем. Завод лартас тесе, пĕр лаптăкри 50 гектар вăрмана касса çаратрĕç. Йывăçа касма çăмăл, ӳстерме йывăр. Химиксен чукмарĕ вара вăрмана пĕтерес тесе сиккелеме те пуçларĕ. Çарарах вырăн шыраса тупма май çукчĕ-ши?

Чăнах та, халăх хуçалăхĕшĕн поликарбонат кирлĕ материал, ахальтен-и ăна XXI ĕмĕр металĕ теççĕ. Ăна пирĕн çĕршыв çулсерен 3,5 пин тонна кăна туса кăларать. Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенче 200 пин тонна кăлараççĕ.

Вăрнар тавращĕнчи хăшпĕр ялсене куçарма тивет завода лартас пулсан. Ку хăех ӳтсĕрлĕх. Пĕр вырăнта ӳсне, йăва çавăрна çынсене Вăрнара хуса кăларсан, вĕсен чунĕсене амантни пулать. Завод лартас текен хыпар йăсăрланса ситсессĕнех, куçса каймалли ялсенче çĕнĕ суртсем лартма чарнă. Çак ял çыннисен шăпине ăнланăр-ха эсир: пурăнас, ĕçлес кăмăл пачах сӳнет. Вĕсем, качча каяс хĕр пек, тултарнă арчасемпе лараççĕ. Тек-тек малашлăха пăхса пурăнмаççĕ ĕнтĕ.

Çапла, поликарбонатсем [illegible]

шывсене тухать, унтан Атăла юхса кĕрет. Еплерех-ши çак сиенĕн хăрушлăхĕ?

— Икĕ çын пычĕç больницăна. Пĕри ачалла хĕрарăм. Ачин хăсса вăйĕ те юлман, — пĕлтерчĕ В. Н. Кожанов хирург, çав кун больницăра ответлă дежурнăй пулнăскер. — Малашнехи çынсем çинчен калама йывăр. Анчах иртнĕ тапхăрти химӣ чукмарĕн кӳпкевне пытарма çук. Паянхи куна районта ракпа чирлекенсен шучĕ 403 çынна çитрĕ. Иртнĕ вунă çулхи кăтартупа танлаштарсассăн, ку 5 хут пысăкрах.

БИ-58 препарат нервăсене пĕтерекен системăллă наркăмăшсем шутне кĕрет. Анланмалларах каласассăн, çын ăшне лексессĕн, ДДТ препарат пекех организмран тухмасть. Хăрушă наркăмăш! Пирĕн çĕр чăмăрĕнче нихăш çĕршывра та ун пек иккек-синкек пулман, мĕн пулса тухĕ ачасемпе? Вĕсен ăсне-тăнне пĕтерес хăрушлăх пур. Малашне мĕн пулассине никам та пĕлмест-ха халлĕхе.

Кунта сăмаха каллех çĕнерен тума палăртакан поликарбонатсен завочĕ çинчен пуçарасшăн эпĕ, çĕнĕ завода тăвас текенсемпе тĕплĕнрех калаçасшăн.

БИ-58 препарат химӣ производствин ĕнерхи кунĕ тейĕпĕр. Ăна халь темиçе çĕршывра кăна кăлараççĕ. Ытти аталаннă çĕршывсем тахçанах çын сывлăхĕшĕн хăрушсăртарах препаратсемпе усă кураççĕ. Анчах БИ-58 вырăнне çĕнĕ заводра поликарбонат туса усă куракан фосген тапса тухнă пулсассăн? Тӳрех калар: Вăрнарта кăна мар, районăн таврари ялĕсенче те, выльăхсем те тăрса юлмастчĕç. БИ-58 препарат сывлăшăн пĕр кубометрĕнче 0,003 миллиграмм пулмалла, завод территорийĕнче, иккек-синкек вăхăтĕнче 0,34—0,27 миллиграмм пулнă. Фосгенăн сывлăша тапса тухнă 0,01 миллиграмĕ çынна амантать, 0,022 миллиграмĕ тепĕр вăтăр минутранах вĕлерет. 5 миллиграмм пулсассăн, çынна 2 çеккунтранах тĕп тăвать.

Фосгена Дзержинскран вакунсем тиесе килес пулсассăн, хăш çĕрте иккек-синкек пулассине пĕлме те çук.

Çук, фосгена турттарса килмĕстпĕр, хамăр патрах кăларатпăр, текенсене çапла калас килет: ĕрĕхнĕ кăмăл еккипе ан чупăр, пĕрре касиччен çичĕ хут шухăшлăр. Индире, Бхопал хулинче пулса иртнĕ трагеди çинчен манса та кайрăмăр-и? Виçĕ пин çын вилнĕччĕ унта, пиншер çын ĕмĕрлĕхех чăлаха тухнă. Капиталистсем аслă. Америка хăйĕн çĕрĕнче нихăçан та, никама та çакнашкал наркăмăшпа ĕçлекен комбинатсене, заводсене ларттарас çук. Çавăнпа фирмăсем наркăмăшпа усă ку-

махне каларĕ: завода СССР Госпланĕн экологи енĕпе ĕçлекен экспертизисĕр, СССРти çутçанталăка сыхлакан комитечĕн тăтăклă сăмахĕнчен пăрăнса лартасшăн. «Юрамасть!» — тет В. А. Ким юлташ. Ахаль те Вăрнар поселокран çывăхра ларакан ял çыннисене кивĕ заводран тухакан гексохлоран, хлорофос, хлорлă водород сĕрĕмĕ тĕтĕрет.

Тата тепĕр хăрушлăха та манар мар. Поликарбонат тума тытăнсассăн, тата тепĕр вăйлă наркăмăш тухать: ячĕ ун диоксин. Унпа американецсем Вьетнам вăрçинче анлăн усă курнă. Вăл сынсене çеç мар, йывăç-курăксене те хăртать.

Завода лартас тесессĕн, 25 çухрăм тăршшĕ санитари зони кирлĕ. Тума палăртнă вырăнта шăкăр-шăкăр чăваш ялĕсем вырнаçнă. Мĕншĕн-ха вĕсен çĕрĕк сип çине сакса янă çĕр айĕнче пурăнмалла?

Вăрнар — республика варри. Çывăхри Красноармейски, Канаш, Пĕрес районĕсем те иккек-синкеке лекме пултараççĕ.

Халь каллех Америкăн Бхопал хулинче вырнаçнă «Карбамайт Юнайдет» компанийĕн предприятине аса илер. Ăна фосгенпа усă курма чарнă терĕмĕр. Мĕн тетĕр-ха эсир: халь завод каллех ĕçлет. Фосгенпа усă курмасăр, поликарбонат тума май тупнă Америка ученăйĕсем. Хăшĕсем вара сине тăрсах мораль тĕлĕшĕнчен кивелсе юлнă оборудование вырнаçтарасшăн.

Удобренисем кăларакан министерство поликарбонат заводне лартассишĕн саплах республикăна ертсе пыракансене пусмăрлать.

Иртнĕ çулхи декабрĕн 25-мĕшĕнче Атăла сыхлакан Пĕтĕм Российăри чăваш уйрăмĕн членĕсен пуххи пулса иртнĕ. Унта СССР халăх депутачĕ, чăвашсен экологи центрĕн председателĕ Аркадий Павлович Айдак хăй Вăрнарти поликарбонат заводне тума чарас пирки СССР Министрсен Совечĕн Председателĕпе Н. И. Рыжков юлташпа тĕл пулни çинчен каласа пачĕ. Николай Иванович пирĕн канăçсăр чунлă, хаюллă та пултаруллă депутата тимлĕ итленĕ, çак ĕçе вырăнта татса пама республикăна январь уйăхĕн варринче хăйĕн заместительне яма сăмах панă. Эпир, Атăла сыхлакансем (питех те йышлă пухăнтăмăр). Вăрнарта тума палăртнă поликарбонат заводне тăвас мар тесе пĕр пулса, кар тăрса сасăларăмăр.

Çапла, ку ыйтăва татса парасси пирĕнтен кăна килмест. Çавăнпа пулас завод шăпи пирки Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн çитес сессийĕнче пăхса тухма сĕнтĕмĕр. Ку ĕнтĕ тăван çутçанталăка, Атăла сыхласа хăварас тесе çунакан çынсен сасси, вĕсен сĕнĕвĕ пулчĕ.

Канăçсăр чунлă А. П. Айдак СССР Министрсен Совечĕн Председателĕпе Н. И. Рыжков юлташпа тĕл пулса каласси усса-сипне пычĕ. Пирĕн республикăра КПСС Центральнăй Комитечĕн членĕ, СССР Министрсен Совечĕн Председателĕн заместителĕ [illegible]

# УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

## Софийăри лару-тăру

СОФИЯ, январĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Болгари столицинче Болгарири коммунистсен партийĕ, Болгарири çĕрĕç халах союзĕ, парламентăн партире тăман депутачĕсем тата Болгарири демократиллĕ вăйсен союзĕ «çавра сĕтел» хушшинче ирттерекен калаçусенче пĕрлехи пĕрремĕш лару пулнă. Ларура Болгари обществине политика тĕлĕшĕнчен йĕркелесе çитерес ыйту тĕп вырăн йышăннă.

## Краковри событисем

ВАРШАВА, январĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Краков хулинче экстремистла ушкăнсенчи çамрăксем иртнĕ тунтикун Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн Краковри комитечĕн çуртне пырса кĕнĕ те унта темиçе сехет хушши хуçаланнă. Экстремистсем Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн çурчĕсене тата пурлăхне турта илес пирки требовани лартнă. Вĕсем çурт çинчи хĕрлĕ ялава илсе ывăтнă, коммунизма хирĕçле лозунгсем çырса çапнă. Экстремистсемпе сейм депутачĕсем, вырăнти гражданла комитет представителĕсем калаçусем иртнĕ. ПОРПăн Краковри комитечĕн руководителĕсем парти комитечĕн çуртне сейм партисен харпăрлăхĕ пирки решени йышăниччен хула мэрĕн аллине парасси çинчен пĕлтернĕ. Çавăн пекех идеологи ĕçĕн парти центрĕн çуртне те хулана параççĕ. Çĕрле экстремистсем парти комитечĕн çуртĕнчен тухса кайнă.

Юлашки вăхăтра экстремистсем ПОРП çурчĕсене тата парти харпăрлăхне час-часах тапăнаççĕ. Çакă хирĕçӳсене вăйлатать, лару-тăрăва йывăрлатать.

## Ракетăна сăнаса пăхнă

НЬЮ-ЙОРК. (ТАСС). США тинĕс-çар вăйĕсем нумай сыпăклă «Трайдент-2» ракетăна тепĕр хут сăнаса пăхнă. Ракетăна Канаверал сăмсахĕнчен 200 мильăра Атлантика океанĕнче шыв тĕпĕнче ларакан «Теннесси» ядерлă кимĕ çинчен вĕçтерсе янă. Тинĕс-çар вăйĕсен командованийĕн представителĕ пĕлтернĕ тăрăх, сăнав ăнăçлă иртнĕ.

Кашни уйрăммăн вĕçтерсе ямалли ядерлă 12 боеголовка таран вырнаçтарма май пур çĕнĕ йышши ракетăна çак эрнере иккĕмĕш хут сăнаса пăхнă ĕнтĕ. Çак вăхăт тĕлне пĕтĕмпе 26 сăнав иртернĕ, вĕсенчен пиллĕкĕшĕ ăнăçсăр пулнă.

## Çĕнĕ партисем йĕркеленеççĕ

БЕРЛИН. (ТАСС). Пĕлтĕрхи октябрьте обществăна çĕнетмелли процесс пуçланнăранпа Демократиллĕ Германи Республикинче 13 çĕнĕ парти тата 150 ытла пĕрлешӳ çуралнă. Тепĕр 100 ытла организаци хăйсене регистрацилеме черет çитессе кĕтет. Нумаях пулмасть пĕрлехĕлĕ демократи блокне кĕнĕ партисем те тĕпрен çĕнĕлле йĕркелеме тытăннă. Çĕршыври политикăлла лару-тару улшăнсах пырать.

Германири социалистсен пĕрлехĕлĕ партийĕ пĕтсе ларас патне çитнĕ. Пĕлтĕрхи декабрьти чрезвычайлă съездра партие çирĕплетме хăтланса пăхнăччĕ. Парти программине устаçне тĕпрен çĕнетнĕ, партин кивĕ ячĕ çумне çĕнĕ ят — «демократиллĕ социализм партийĕ» ят хушса хунă, пĕрлĕхе çирĕплетме чĕнсе каланă. Анчах усси сахал. Иртнĕ тăвата уйăхра СЕПГ-ПДС членĕсен йышĕнчен 900 пин çынна яхăн чакнă. Партире темиçе платформа пулса тăнă: коммунистла платформа, «виççĕмĕш çул-йĕр» платформи, социал-демократла платформа, демократиллĕ социализм платформи. Халĕ çав платформăсен представителĕсем чрезвычайлă съезд делегачĕсене пухса партие салатса ярасси çинчен решени йышăнма чĕнсе калаççĕ. Парламент суйлавĕ хыççăн СЕПГ-ПДС представителĕсемпе пĕрле правительствăна кĕме никам та килĕшесшĕн мар.

## Миллиардера—тĕрмене

САН-ФРАНЦИСКО. (ТАСС) Гондурасри миллиардера Хуан Матта Баллестероса ĕмĕрлĕхе тĕрмене хупмă приговор йышăннă. Суд решенийĕ тăрăх унăн ирĕке тухма право çук. Криминалист-экспертсем пĕлтернĕ тăрăх, çав çын тĕнчери наркомафии уйрăмах паллă вунă пуçлăхĕнчен пĕри пулнă. Матта Колумбири кокаин картелĕсемпе тачă çыхăну тытнă, США-на Гондураспа Мексика урлă наркотиксем ăсатмалли çĕнĕ çулсем уçнă. 80-мĕш çулсен пуçламăшĕнче вăл Колумбири наркомафи операцийĕсенчен нумайăшне Лос-Анджелесра пурнăçа кĕртмелли майсем тупнă. Хăйне арестленĕ вăхăт тĕлне Баллестерос наркомафин хăватлă империне тытса тăнă. Унăн икĕ миллиард доллар ытла укçа пулнă.

## КĔСКЕН ТЕМТЕПĔР

### Кофе те сиенлĕ

ВЕНА. «Эсир табак туртма пăрахасшăн пулсан, кофе те сахалрах ĕçме тăрăшăр». Çапла сĕнет Америкăри Нил Бенновитц психиатр. Организм никотин йышăнман чухне кофеин ăна икĕ хут хăватлăрах витĕм кӳрет.

Паллă ĕнтĕ, табак туртма пăрахнă тапхăрта чылайăшĕ япăх çывăрать, сăлтавсăрах хĕрӳленет, чĕрре кĕме пăхать. Хăшĕсем çакна табак туртма пăрахнипе ăнлантарма пăхаççĕ. Америкăри специалист урăхла шутлать: никотин йышăнма хăнăхса çитнĕ организм унсăрăн тăрса юлсан, кофеин ăна икĕ хут ытларах витĕм кӳрет, çавна пула çын хăйне япăх туйма пуçлать.

### Кăнтăр Корея мала тухнă

ТОКИО. Кăнтăр Корейăна «Инçет Хĕвелтухăçĕнчи экономикăн пĕчĕк драконĕ» теççĕ. Экономикăри ӳсĕмсемпе пĕтĕм тĕнчене тĕлĕнтернĕ çак çĕршыв юлашки вăхăтра... çынсем хăйсене хăйсем вĕлерессипе мала тухнă. Кăнтăр Корейăри «Чоссон Ильбо» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, психолог-специалистсем пĕлтĕр çĕршывра кашни 100 пин çын пуçне 49 çын хăйсене хăйсем вĕлернине палăртнă. Ку енĕпе Кăнтăр Корея 1988 çулта тĕнчере улттăмĕш вырăнта пулнă пулсан, пĕлтĕр Венгрирен иртсе «мала тухнă».

### Телевизор лартма чарнă

ГААГА. Нидерландăн транспортпа шыв хуçалăх министерстви Хани-Май-Вег министра автомашина çине телевизор лартса пама килĕшмен. Министерство представителĕ каланă тăрăх, министра автомашина çине телевизор лартса парас пулсан, правительствăн ытти членĕсем те çакăн пек требовани кăларса тăратма пултараççĕ. Министерство хăйĕн пуçлăхĕн тепĕр ыйтăвне тивĕçтерме — унпа пĕрле ларса çӳрекен хĕрарăмсене çын курасран машинăн хыçалти кантăкне кармалла тума килĕшнĕ.

### Тискер йăлана хирĕç

АККРА. Ганăри полици çĕршывра кивĕ йăла-йĕркене пăхăнса çынсене вĕлерессине хирĕç кĕрешӳ пуçланă. Полици руководителĕсем халăха преступленисене тĕпчемешкĕн активлă пулăшма чĕнсе каланă. Тискер йăла-йĕркене тытса пыракансене хирĕç кĕрешме пулăшакансене влаçсем парне параççĕ. Хăйсен ирĕкĕпе пулăшакансем çинчен никама та пĕлтермеççĕ.

(ТАСС).

çĕ; завода вăтăрмĕш çулсен пуçламăшĕнче фосфорит çăпахĕ авăртма лартнă. Фосфорит чулне Варнартан пĕр çунпилĕк çухрăмри Пăрар тавайккиниче каларатчĕç. Ана турттарса килме ансăр чугун çул хывнăччĕ. Вăл Салука варманĕпе пирĕн ял çывăхĕнчен иртетчĕ.

Халĕ ДДТ кăларассĕ тени канăç памарĕ мана. Çулла вăхăт тупанмарĕ, кĕркунне пуçламăшĕнче вара виçĕ кун хушши пултăм заводра...

Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче оборона валли ĕçленĕ завод. Вăрçă чарăнсассăн, хими продукцийĕ туса кăларма пуçланă. Ун чухнехи тапхăрта хими сиенлĕхе çинчен специалистсем кăна пĕлнĕ. Сейфра упраннă химин хура хыпарĕсем. Пĕлсех, çав тапхăрта хими заводне хупса хума никам та ирĕк паман пулĕччĕ. Ун чухне хупма шухăша та илмен, апла пулсан, Вăрнар çыннисем ĕçсер тăрса юлнă пулĕччĕç. Теллевĕ те пĕрре пулна пирĕн: завода этем ĕретлĕ ĕçлеттересси. Çавна май, 1966 çулта, завод каяшĕсене тасатмалли сооруженисем тума тапратнăччĕ. Ĕлĕк завод кушнисем валли Вăрнар юханшывĕнчен шыв илсе тăнă пулсассăн, поселока тата завода шыв ситменнипе Кĕсĕн Çавала пÿлсе хунăччĕ. Çав тапхăрта ĕнте тăвата пилĕк хутлă çуртсене шыв тата газ кĕртме тапратрăмăр тата каяшĕсене тасатмалли канализаци системине ĕçе ятăмăр.

Заводпа Вăрнар шăпи çыхăннă. Поселокра рабочисем ÿсĕе ситĕнчĕç. Шкул, ача сачĕсем, паянхи кирек-епле пысăк хула çыннисене тивĕçтерекен бассейнсемлĕ пысăк мунча туса лартрĕç химиксен укçи-тенкипе. Завод территорийĕнче пухăнакан юр тата çумăр шывĕ юхтаракан канализаци тăвас ĕç вĕçленсе пырать.

Вăрттăнлăх чаршавне сирсе пăрахнă май, халăх халь хими усси, унăн сиенлĕхĕ çинчен уççăн калаçать. Поселок халăхне пĕр цехри кивĕ каяшĕсене завод территори тулашне тухса тăкни пăлхантарса ячĕ. Сырма хĕрринех навантарнă вĕсене, çырмара на Мускаври удобренисен министерстви. Киеври ÿсентăрансене сыхлакан япаласене кăларакан проект институчĕ тата пирĕн республикăри пуçлăхсем аталанусăр тапхăрта йышăннă. Халь, сăнарлăрах калăсан, хĕрне çураçнă хыççăн, каялла тавăрасси çинчен сăмах пырать.

Çапла, икĕ ушкăна пайланчĕç Вăрнар çыннисем. Лартас, теççĕ пĕрисем. Сар юханшывĕнчен пăрăхсем тăрăх илсе килес, шыв çителĕклĕ пулать, халь вăл ситменнипе аптăрать поселок. 100 пин тăваткал метр чухлĕ çурт-йĕрсем лартма палăртнă проектпа. Поселокра хваттер илес текенсен йышĕ пысăк. Врачсене, учительсене, рабочисене хваттер тивĕçмест халь, çĕнĕ завода ярсассăн, ку ыйту та татăлать. 1200 ача вĕренмелĕх çĕнĕ шкул, 560 ача валли сад, 800 çын вырнаçмалăх Культура керменĕ, йăла комбиначĕ, 200 çын канмалăх профилактори тума шантараççĕ химиксем. Больницăна сарма палăртаççĕ. Паян больница пысăк йыvărlăхра, хваттерсем çуккипе тепĕр 30 врач çитмест, ĕлекрех 4 çын выртмалли палатăсенче паян 7 выртать. Палатăсенче çес-и? Коридорта чирлисем выртаççĕ. Эпĕ ятла-сумлă, республикăра та пĕлекен Вăрнарта ĕçлекен врачсен ушкăне завод лартас тесе райхаçатра пичетленнĕ çыруран нимĕн чухлĕ те тĕлĕнместĕп. Хайсемшĕн мар, чирлисене сыватма лайăхрах условисем пулччăр тесе тăрăшаççĕ вĕсем. Кивĕ заводра ĕçлекен рабочисем лартасшăн. Вĕсене те ăнлама пулать: сиенлĕ цехсенче ĕçленĕскерсен, «сиенлĕх» стажĕ çитмест. ДДТ тата гексохлоран кăларма пăрахсассăн, ăçта каяс çав рабочисен? Çĕнĕ Шупашкарани? Кунта та сиенлĕ тăватă цеха хупнă, теççĕ.

Завода лартас мар текенисен те сăлтавĕ пур. Пирĕн республикăра халăх йышлă пуранать. Поликарбонатсем кăларнă чухне таса кислородпа мар, этем сывлăхĕшĕн питĕ те хăрушă фосгенпа тата ртуть тытакан содăпа усă куraççĕ. Иккемĕш «Чернобыль» химиксен чукмарĕ вара вармана пĕтерес, тесе сиккелеме те пуçларĕ. Çарарах вырăн шыраса тупма май çукчĕ-ши?

Чăнах та, халĕх хуçалăхĕшĕн поликарбонат кирлĕ материал, ахальтен-и ăна XXI ĕмĕр металĕ теççĕ. Ăна пирĕн çĕршыв çулсерен 3,5 пин тонна кăна туса кăларать, Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсенче 200 пин тонна кăлараççĕ.

Вăрнар тавралĕнчи хăшпĕр ялсене куçарма тивет завода лартас пулсан. Ку хăех пÿтсĕрлĕх. Пĕр вырăнта ÿснĕ, йăва çавăрнă çынсене Вăрнара хуса кăларсан, вĕсен чунĕсене амантни пулать. Завод лартас текен хыпар йăсăрланса çитсессĕнех, куçса каймалли ялсенче çĕнĕ çуртсем лартма чарнă. Çак ял çыннисен шăпине ăнланăр-ха эсир: пурăнас, ĕçлес кăмăл пачах сÿнет. Вĕсем, качча каяс хĕр пек, тултарнă арчасемпе лараççĕ. Тек-тек малашлăха пăхса пурăнмаççĕ ĕнтĕ.

Çапла, поликарбонатсем кăларакан завода Вăрнарта лартма кирлĕ мар. Анчах лартас ĕçе пикеннĕ пулсассăн, урăх профиллĕ завод лартас пирки сăмах тапратмалла. Кун пирки, халь хăлăх тулли кăмăлпа сывлакан тапхăрта, Вăрнар халăхĕ хăй сăмахне хăй калатăр.

## 2. Шанчăк çуратать

ÇАК ИНКЕК-синкек çинчен радиопа та тухса калаçрĕç, хаçатра та çырчĕç. Вăрнарти хими заводĕнче пулса иртнĕ авари пурне те пăшăрхантарать. БИ-58 препарата тултарнă цистерна хĕрсе кайнă, 8 тонна препарат газ пулса таврана саланнă. Çак препарат кристалл пулса таврари юра, газа вараларĕ, тепĕр темиçе уйăхран сурхи шывсемпе юхса пĕчĕк юхан завод территорийĕнче, инкек-синкек вăхăтĕнче 0,34—0,27 миллиграмм пулнă. Фосгенăн сывлăша тапса тухнă 0,01 миллиграмĕ çынна амантать, 0,022 миллиграмĕ тепĕр вăтăр минутрах вĕлерет. 5 миллиграмм пулсассăн, çынна 2 çеккунтранах тĕп тăвать.

Фосгена Дзержинскран вакунсем тиесе килес пулсассăн, хăш çерте инкек-синкек пуласси пĕлме те çук.

Çук, фосгена турттарса килмĕстпĕр, хамăр патрах кăларатпăр, текенсене çапла калас килет: ĕрĕхне кăмăл еккипе ан чупăр, пĕрре касиччен çичĕ хут шухăшлăр. Индире, Бхопал хулинче пулса иртнĕ трагеди çинчен манса та кайрăмăр-и? Виçĕ пин çын еннех вилнĕччĕ унта, пиншер çын ĕмĕрлĕхех чăлаха тухнă. Капиталистсем ăслă.Америка хăйĕн çĕрĕнче нихăçан та, никама та çакнашкал наркăмăшпа ĕçлекен комбинатсене, заводсене ларттарас çук. Çавăнпа фирмăсем наркăмăшпа усă куракан предприятисене начар аталаннă çĕршывсенче лартаççĕ те. Италирен туяннă 70 миллион доллар тăракан завода Чăваш çĕршывĕнче тĕреслесе пăхасшăн-ши? Ученăйсем, писательсем, журналистсем, И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университетĕнчи çутсанталăка сыхлакансен обществин членесем хăйсен сăмахне каларĕç: поликарбонат тăвакан завода Чăваш республикинче лартма юрамасть! Лартсан — хамăра хамăр вилĕм патне илсе пыни пулать. Вĕсен сассине умне Чăваш ялхуçалăх, И. Я. Яковлев ячĕпе хисепленекен педагогика институчĕсен коллективĕсем хутшăнчĕç. Завода лартас мар тесе, чăвашра, ытти республикăсенче, облаçсенче пурăнакан ентешсем алă пуссах çак шухăша çирĕплетрĕç.

Вăрнар поселокне, унăн малашлăхне проектлакане Ленгипрогор институт пулнă. Çак институтăн директорĕ В. А. Ким хăйĕн татăклă сăмахне калама пачĕ. Николай Иванович пирĕн канаçсăр чунлă, хăюллă та пултаруллă депутата тимлĕ итленĕ, çак ĕçе вырăнта татса пама республикăна январь уйăхĕн варринче хăйĕн заместительне яма сăмах панă. Эпир, Атăла сыхлакансем (питех те йышлă пухăнтăмăр). Вăрнарта тума палăртнă поликарбонат заводне тăвас мар тесе пĕр пулса, кар тăрса сасăларăмăр.

Çапла, ку ыйтăва татса парасси пирĕнтен кăна килмест. Çавăнпа пулас завод шăпи пирки Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн çитес сессийĕнче пăхса тухма сĕнтĕмĕр. Ку ĕнтĕ тăван çутçанталăка, Атăла сыхласа хăварас тесе çунакан çынсен сасси, вĕсен сĕнĕвĕ пулчĕ.

Канăçсăр чунлă А. И. Айдак СССР Министрсен Совечĕн Председателĕпе Н. И. Рыжков юлташпа тĕл пулса калаçни усса-сиппе пычĕ. Пирĕн республикăра КПСС Центральнăй Комитечĕн членĕ, СССР Министрсен Совечĕн Председателĕн заместителĕ, СССР Министрсен Совечĕн химипе вăрман комплексĕ енĕпе ĕçлекен бюровĕн председателĕ В. К. Гусев юлташ пулчĕ. Завод шăпи пирки КПСС обкомĕн анлă ларăвĕнче сÿтсе явнă çак ыйтăва.

Тинех пăр тапранчĕ, тинех чĕресенче шанчăклăх хĕлхемĕ чĕрелчĕ. Тăван республикăна ертсе пыракансене те, ахаль çынсене те пăлхантарать иккен паянхи экологи шăпи.

«КПСС обкомĕн бюровĕ республикăра поликарбонат туса кăлармашкăн экологи тĕлĕшĕнчен тĕппипех хăрушсăрлăх гарантийĕ пама пултаракан условисем туса хурсан çеç тытăнма май пуррине йышăннă»,— çапла çырса хăварнă унта.

Ку сăмахсем мана кăна мар, пĕтĕм республика çыннисене савăнтараççĕ пулĕ тетĕп.

Анатолий ЕМЕЛЬЯНОВ,
Пĕтĕм Российăрп Атăла çăлса хăварас енĕпе ĕçлекен комитетăн чăваш уйрăмĕн председателĕ.

## Ракетăна сăнаса пăхнă

НЬЮ-ЙОРК. (ТАСС). США-н тинĕс-çар вăйĕсем нумай сыпăклă «Трайдент-2» ракетăна тепĕр хут сăнаса пăхнă. Ракетăна Канаверал сăмсахĕнчен 200 мильăра Атлантика океанĕнче шыв тĕпĕнче ларакан «Теннесси» ядерлă кимĕ çинчен вĕçтересе янă. Тинĕс-çар вăйĕсен командованийĕн представителĕ пĕлтернĕ тăрăх, сăнав ăнăçлă иртнĕ.

Кашниве уйрăммăн вĕçтерсе ямалли ядерлă 12 боеголовка таран вырнаçтарма май пур çĕнĕ йышши ракетăна çак эрнере иккĕмĕш хут сăнаса пăхнă ĕнтĕ. Çак вăхăт тĕлне пĕтĕмпе 26 сăнав ирттернĕ, вĕсенчен пиллĕкĕшĕ ăнăçсăр пулнă.

## Кăнтăр Корея мала тухнă

ТОКИО. Кăнтăр Корейăна «Инçет Хĕвелтухăçĕнчи экономикăн пĕчĕк драконĕ» теççĕ. Экономикăри ÿсĕмсемпе пĕтĕм тĕнчене тĕлĕнтернĕ çак çĕршыв юлашки вăхăтра... çынсем хăйсене хăйсем вĕлерессипе мала тухнă. Кăнтăр Корейăри «Чоссон Ильбо» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, психолог-специалистсем пĕлтĕр çĕршывра кашни 100 пин çын пуçне 49 çын хăйсене хăйсем пăрахнă тапхăрта чылайăшĕ япăх çывăрать, сăлтавсăрах хĕрÿленет, чĕрре кĕме пăхать. Хăшĕсем çакна табак туртма пăрахнипе ăнлантарма пăхаççĕ. Америкăри специалист урăхла шутлать: никотин йышăнма хăнăхса çитнĕ организм унсăрăн тăрса юлсан, кофеин ăна икĕ хут ытларах витĕм кÿрет, çавна пула çын хăйне япăх туйма пуçлать.

## Тискер йăлана хирĕç

АККРА. Ганăри полици çĕршывра кивĕ йăла-йĕркене пăхăнса çынсене вĕлернине хирĕç кĕрешÿ пуçланă. Полици руководителĕсем халăха преступленисене тĕпчемешкĕн активлă пулăшма чĕнсе каланă. Тискер йăла-йĕркене тытса пыракансене хирĕç кĕрешме пулăшакансене влаçсем парне параççĕ. Хăйсен ирĕкĕпе пулăшакансем çинчен никама та пĕлтермеççĕ.

... тăрăх, министра автомашина çине телевизор лартса парас пулсан, правительствăн ытти членĕсем те çакăн пек требовани кăларса тăратма пултараççĕ. Министерство хăйĕн пуçлăхĕн тепĕр ыйтăвне тивĕçтерме — унпа пĕрле ларса çÿрекен хĕрарăмсене çын курасран машинăн хыçалти кантăкне кармалла тума килĕшнĕ.

(ТАСС).



ИТАЛИ. Технологи çĕнĕлĕхĕсемпе изобретенисен Турин хулинче пулса иртнĕ тĕнчери выставка-ярмăркине вунşар пин çын пырса курнă. Кунта роботсемпе компьютер системисем тăвас енĕпе ĕçлекен тĕрлĕ çĕршывсенчи наука тĕпчев институчĕсемпе фирмăсем хăйсен проекчĕсемпе продукцине тăратнă. Выставкăри компьютерсемпе роботсем кунта килекенсене хальхи электроника майĕсемпе паллаштарнă. Выставкăра пулса курнă хăнасем палăртнă тăрăх, кунта киличчен вĕсем этемĕн электронлă пулăшакансем мĕнле мĕнпе ĕçре вĕй хуни çинчен шутламан та. Сăмахран, телефонпа кирек мĕнле справка та пама, анлă информаци хатĕрлеме пултаракан компьютерсем чăн-чăн сенсаци тунă.

Ÿкерчĕк çинче: Туринри выставкăна тăратнă робот-гид. Унăн ĕçне радиопа йĕркелесе тăраççĕ.

АНСА—ТАСС фотоÿкерчĕкĕ.

## 5000-мĕш номер

ЯНВАРЕН 20-мĕшĕнче Муркаш районĕнче пуранакансем «Çĕнтерÿ ялавĕ» хаçатăн 5000-мĕш номерне илсе вуланă. Пирвайхи хут вăл 1944 çулхи майăн 5-мĕшĕнче пичетленнĕ.

Ун чухнехи тиража паянхипе танлаштарма çук, паллах. Халĕ «Çĕнтерÿ ялавĕ» хаçата эрнере виçĕ хут 8695 çемье илсе тăрать.

«Çĕнтерÿ ялавĕ» хаçат районти тĕп хыпарçă çеç мар, район пурнăçне çĕнетме, уçăмлăха, демократие вăй пама тăрăшакан орган пулса тăнă. Çак ĕçре ăна хастар активистсем, обществăлла корреспондентсем нумай пулăшаççĕ.

(Пирĕн инф.).

«Коммунизм ялавĕн» журналисчĕсем Муркаш районĕнчи «Çĕнтерÿ ялавĕ» хаçат редакцине, унăн обществăлла корреспонденчĕсене, вулакансене чĕререн саламлаççĕ, ăнăçу сунаççĕ.

*● Малта пыракан коллективсенче*

# ЧĂРМАВСЕНЕ СИРСЕ

**Çĕнĕ Шупашкарти 8102-мĕш перекет банкĕн уйрăмĕ юлашки вăхăтра палăрмаллах пысăк ÿсĕм тунă. Коллектив 1987 — 1989 çулсенче Пĕтĕм Союзри социализмлă ăмăртура темиçе хутчен те мала тухнă.**

**1989 çулхи I кварталта СССР Госбанкĕпе отраслĕти профсоюзăн Центральнăй Комитечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне çĕнсе илнĕ, III квартал итогĕсем тăрăх — виççĕмĕш вырăн йышăннă. (Плана 228,5 процент тултарнă). IV квартал планне вара 1,5 уйăх çурăра пурнăçланă.**

Совет урамĕ, 7. Çак адреспа вырнаçнă перекет банкĕн уйрăмĕ. 12 филиала пĕрлештерсе тăрать вăл. З. С. Чичерова управляющи пĕлтернĕ тăрăх, паянхи кун тĕлне хулари перекет кассинче халăхăн укçи 104 миллион тенкĕ упранать. Ку кăтарту пĕр çул хушшинче 10 процент ытла ÿснĕ. Вкладчиксен йышĕ те нумайланнă, 94 пине çитнĕ.

— Анăçлăх кашни филиал пултаруллă ĕçленинчен килет, — каласа парать Зинаида Сергеевна. — 03, 04, 06-мĕш филиалсем (заведующийĕсем В. В. Кузьмина, Н. Н. Прынова, Е. Д. Боброва) — пирĕн «маяксем». Уйрăм работникĕсене илес пулсан, Р. А. Толокнова, Р. А. Иванова, Р. Н. Чашкина кассирсем ыттисене хавхалантарса пыраççĕ. Коллективра ĕçлĕ. сывă ларутăру пулни те пысăк пĕлтерĕшлĕ.

— Çапах çитĕнÿ вăрттăнлăхĕ мĕнре-ха?

— Нимĕнле вăрттăнлăх та çук пирĕн ĕçре, — тет управляющи. — Кашни работник (кассир-и вăл, оператор-и) хăйĕн тивĕçне тÿрĕ кăмăлпа пурнăçлать, мĕнпур операцие вăхăтра та тĕплĕн тăвать. Эпир кашни кĕçнерникунах канашлу ирттерсе, хамăр ĕçе пур енлĕн тишкеретпĕр, çитменлĕхсене пĕтерме çиненчех мерăсем йышăнатпăр. Малта пыракансене пурлăхпа та, мораль тĕлĕшĕнчен те хавхалантарма тăрăшатпăр.

— Кĕскен каласан мĕнпур ыйтăва коллективпа татса паратпăр, — хушса хурать управляющи заместителĕ В. Н. Ермошина. — Пĕрлехи ĕç бригадин советне туса хунă, ĕç укçине КТУ тăрăх тÿлетпĕр.

Тĕслĕхрен, ĕç нормине ирттерсе тултарнăшăн, çамрăк работниксене вĕрентсе хатĕрленĕшĕн, агитаци ĕçне хастар хутшăннăшăн хушса тÿлеççĕ. Нормăна тултармасан, жалоба пулсан, укçа упрамалли йĕркене, ĕç дисциплинине пăссан — чакараççĕ.

Ĕçе сĕнĕлле йĕркелени работниксен ĕç укçине ÿстерме май панă. Хальхи вăхăтра перекет банкĕн уйрăмĕнче ĕçлекен кашни çын уйăхра вăтамран 211 тенкĕ илет. Унсăр пуçне, плана ирттерсе тултарнăшăн премии сахал мар тухать. Коллективра ĕçрен тухса каякан çук. Уйрăм çынсен ĕç стажĕ 20—30 çултан иртет. Вĕсен шутĕнче — Валентина Ивановна Донецкая аслă кассир, Галина Васильевна Ершова тĕп бухгалтер тата ыт. те.

З. С. Чичерова управляющи пирки уйрăмах вырăнлă асăнаççĕ коллективра. Вăл çак ĕçре улттăмĕш çул, перекет банкĕн системинче вара — 14 çул. Зинаида Сергеевна хăйĕн пĕлĕвне татăшах ÿстерсе пырать, хальхи вăхăтра Чăваш государство университечĕн экономика факультетĕнче заочнă майпа вĕренет.

— Шел, ĕçре чăрмантаракан сăлтавсем пулмасан, ÿсĕм тата пысăкрах пулмалла, — тет З. С. Чичерова. — Кассăсене вырнаçтарма çурт-йĕр çитмест. Нормăпа пĕр филиал лаптăкĕ 100 тăваткал метртан кая мар пулмалла, 03, 05-мĕш филиалсем вара хĕсĕк пÿлемсенче вырнаçнă.

Арендăна илнĕ суртсемшĕн перекет банкĕн уйрăмĕпе унăн филиалĕсен çулленшиншер тенкĕ укçа тÿлеме тивет. Хальхи вăхăтра «Юраково» микрорайонта пĕр филиал валли çĕнĕ çурт тăваççĕ. (Вăл II кварталта ĕçе кĕмелле). Ку çеç сахал. Банк уйрăмĕн çĕнĕ çурчĕ кирлĕ. Унăн проектне хатĕрленĕ, хула ĕçтăвкомĕ çирĕплетнĕ, вырăнне те палăртнă. Анчах республикăри управлени укса-тенкĕ уйăрса пама васкаманнипе (смета хакĕ 900 пин тенкĕ) ĕç тытăнса тăрать. Хальхи çуртра условисем çителĕксĕр.

Çитменнине тата, кунта хваттер ыйтăвĕ çивĕч. Перекет банкĕн хăйĕн пурăнмалли çурт-йĕр фончĕ çук. Работниксем хула ĕçтăвкомĕнче пĕтĕмĕшле черетре тăраççĕ. Хăтлă хваттере вуншар çул кĕтмелле. Коллективри 112 çынран çуррине ытла çак ыйту канăç памасть.

Çĕнĕ Шупашкарта ĕçлекен рабочисемпе служащисен 50 процентне ĕç укçи перекет касси урлă илсе тăрать. 55 организаци ку енĕпе перекет банкĕпе договор тунă. Çавна май кассирсемпе операторсен ĕçĕ те нумайланнă. Анчах пĕр филиалта та шутлав машини çук. Мĕнпур операцисене алă вĕсен тăваççĕ. Перекет банкĕн уйрăмĕнчи машинăпа шутлав бюровĕ хĕсĕк пÿлемре вырнаçнă. Бухгалтери работникĕсен ĕç условийĕсем начар. Пĕчĕк пÿлемсенче 10-шар сĕтел çума-çумăн лартса тухнăран, иртсе çÿреме те кансĕр.

...Çĕнĕ Шупашкарти перекет банкĕн уйрăменче республикăри семинарсем час-часах ирттереççĕ. Пĕлтĕр Улатăр, Парачкав, Çĕмĕрле районĕсенчи, Ульяновск облаçĕнчи работниксем вĕсен ĕç опычĕпе вырăнах килсе паллашнă.

В. РЫБКИН.

# АЛИ ВĔТĔ КУÇЛĂ-ШИ?

«Литературăри çĕнĕ сăмаха хĕрĕх-хĕрĕх вилĕксенчи авторсенчен кĕтетĕп», тенĕччĕ Юрий Артемьев критик юлашки çулсенче «сухалăса пăрахнă» проза аннис пăхса çаврăннă май. Поэзире чи малтан камран кĕтме пултаратпăр-ха эпир çĕннине? Аслăрах ăрури поэтсем поэзи «рудине» хăвăртрах та нумайрах кăларса юласшăн тара ÿксех ĕçленĕ пек туйăнать. «радий» тенишĕн хыпса çунни курăнсах кайместь вĕсен умлăн-хыçлăн тухакан кĕнекисенче. Эппин, шанчăк — çамрăксенче. Анчах урлă-пирлĕ кăштах шутласан, çакна асăрхатăн: çамрăксем те пирĕн тĕрлĕрен. Чылайăшĕ «час утма вĕренеймесĕр» хăшкăлать. Пĕррремĕш кĕнекесем «шĕвĕрех» тухаççĕ. каларстаммалли сăвăсем журналсенче те сахал пичетленеççĕ. Юман йĕкелĕнки пек тĕшши вăрах тулать çĕнĕ ăрури çамрăксен. Апла çĕнĕ сăмаха кăштах вăйилнĕ, пĕр-ик кĕнеке кăларса курнă сăвăçсенчен кĕтме пулать. Усĕмпе вĕсем те хĕрĕхре ĕнтĕ.

Тапса туртать лаша, тапса
туртать,
Унпа пĕрле яш ĕмĕрĕм
утать.

Аптраманлăх пур герой характерĕнче. Чунра ырату пулсан та, вăл ăна шаларах чиксе хума пĕлет. Чĕри çемçе. Темшĕн çакă вăтантарать героя: вăл вĕçĕмсĕр патвар пулассшăн çунать. Çавăнпах телĕр чухне çăмăлттайлăх та палăрать кăмăлĕнче.

Çамрăк теççĕ ман пирки
хĕрсем,
Ешĕл курăк теççĕ кăччăсем.
Тейĕсин!
Халăхпа çаран çине тухсан,
Аллăма сулмак çава тытсан,
«Ешĕл курăк» эп нихçан
пулман.

Пăвĕмпе-ши пĕчĕк пулнăран
Кÿршĕ хĕрĕ пăрăнать
манран.

Пăрăнин!
Вăйăра эп купăса тăссан,
Ташлама хĕр ярăнса тухсан,
Ункшăн эпĕ пĕчĕк çын пулман.

Сăнлăх искусствин чĕлхипе каласан, кĕнекере ĕç çыннин таса кăмăлне уçса паракан уямасть, унăн хайĕн реализмĕ. Çунатне хĕстерсе хурасран шикленнипе-ши час-часах вĕттĕн-вĕттĕн авăсма тытăнать. Ытла та пур-çукшăнах хавхаланса ÿкет-çке сăвăç. Тÿррипе каласан, çакăн пек, авалхи ола урапи çинчен ÿксе юлнă сăвăсем нумаях та мар, вĕсене кĕнекене кĕртмен пулсан, паллах, кĕнеке çÿхелетчĕ, анчах вăл йывăртарах туртма пуçлатчĕ.

Поэзире паянхи кун паллисене шырани çивĕч публицистикăллă сăвăсем, «хушман» темăсене хускатасса кĕтсе ларнине çеç пĕлтермест. Ку вăл пурне те пăлхантаракан ыйтăва хускатса чĕререн калаçнинче те пулма пултарĕ. Çавăн пек сасă Федор Муратов, Любовь Мартьянова тата ытти сен сăввисенче сисĕнет. А. Тимофеев та хăй чĕрине тимлĕрех итлесен, çав çемĕсене тивĕçлĕ саспа кăларма пултарĕ.

Çăмăл телей шыракансене, мещенлĕхе, тăван чĕлхене, атте-анне йăлисене манакансене сивлекен сăвăсем те пур кĕнекере. Анчах та çак темăсене ытла та тÿртен хускатнăран-ши, вĕсем чĕрене пырса тивеймеççĕ.

Салтак сăввисен пысăках мар ярăмĕ пирки те пĕр-ик сăмах каласа хăварас килет. Халиччен мирлĕ вăхăтра служба таракан каччăсен кунне çĕрне Ю. Сементер, А. Энтепе тата ытти поэтсем сăнлама кăмăллатчĕç. Салтакăн тулашри атрибучĕ ытларахчĕ вĕсенче: постра тăнă чух тăван яла аса илни, стройпа юрласа утни, тревога, старшина тин кăна «тĕкленнĕ» йĕкĕтсене тăван ашшĕ пек лăпкани тата ытти те. Сăнлăх искусствин чĕлхипе каласан, çак япаласене сăвă-плакат тесе хакламалла. (Сăмах майăн, плаката та талантлă ÿкерме пулать). Анатолий Тимофеев та çак такăрланма тытăнна çулпа утма кăмăл тăвать. Унăн лирикăллă геройĕ те постра тăнă чух сар пикене аса илсе тунсăхлать, нарядран килсен, шухăшĕпе Энĕш улăхĕнче çÿрет, рота пуçĕнче «патвар утса юрлать» тата ытти те. Сăвăсенчи тĕп кĕвĕ — сыхлăх, чун тасалăхĕ, салтак йывăрлăхĕ иртсен пурнăç çулĕпе пĕр такăнмасăр утасса çирĕп шанни. Тăван килтен аякра, палламан çынсем хушшинче пурăнакан качча, паллах, сисĕм-туйăм палитри чылай пуянрах пулмалла пек. Çамрăк чун çамрăк чунах, çапах та пурнăçа вĕçĕмсĕр янкăр тĕссемпе, куçа йăмăхтаракан хĕвел пек курмасть пуль салтак.

Шел, çак ярăмри хăшпĕр сăвăсенче автор паха сăнар, витĕмлĕ деталь тупайман.

Ай, эп те савăнам-и,
Кăвас курки тытса!
Ай, эпĕ те юрлам-и,
Сар [illegible]

Халиччен литературăра та, пурнăçра та «тăван эртел пухăнсан» сăра курки тытаканччĕ, халь кăвасрах йăпанаççĕ тесе ĕнентересшĕн. «Вăрманти туй» сăвăра та хăнасене кăвас ĕçтереççĕ. Паллах, кунта ĕçкĕ-çикĕпе кĕрешме чĕнекен постановление май çук хастар пурнăçласа пыракан редактор [illegible]

## Критикăпа библиографи

Анатолий Тимофеев ячĕ шанчăк паракансен шутне те леккелет час-час. Сăмахпа виçеллĕ усă курма пĕлнине, аслă ăрури поэтсен опытне хăвăртрах алла илме тăрăшнине куратпăр эпир унăн хаçат-журналта пичетленсе пыракан сăввисенче. Халĕ, самана уçăлса пына вăхăтра, çĕнĕ кĕнекине («Тĕнче илемĕ») халиччен асăрхануллă редакторсем сивленĕ сăвăсем те кĕртме пултарнă. Çавăнпа пысăк шанчăкпа вулама пуçларăм эпĕ çĕнĕ сборника. Чăвашрадио пана реклама евĕр материалта (рецензи теме çук çак пуклакрах пулса тухнă япалана) Николай Теветкел çак кĕнекене хытă мухтарĕ. А. Тимофеев пирĕн поэзире çĕнĕ утăм тунă тесе хакларĕ.

Анатолий Тимофеева поэзири традицие аталантарса пĕчĕккĕн-пĕчĕккĕн «пиçсе» пыракан авторсен шутне кĕртес килет. Ун эстетика системи «хытса çитнĕ» ĕнтĕ, пултарулăхĕ мĕнле тематика çулĕпе каясса малтанах пĕлсе тăма пулать. Паллах, сăвăçа куншăн хурлама çук. Традицие аталантаракансем чĕлхене, сăвă формине пăн-чăн ăста пек вĕренсе çитесшĕн. Психологизм таранах мар пулин те, туйăмпа шухăш шайне тытса пыма пĕлеççĕ вĕсем. Паллах, «кивĕ» материалах çĕнĕ алапа аланине интереслĕ çак ушкăнри сăвăçсем.

П. Хусанкайăн «Хамăр ялсем» ярăмри типажсем, А. Воробьевăпа Я. Ухсайăн хăшпĕр сăввисене аса илтерекен йĕрсем тĕл пулкалаççĕ А. Тимофеев кĕнекинче. Ку аслă ăрури ăстасен опытне ăша хывни çинчен калать, паллах. Кĕнекери лирикăллă героя та эпир халиччен тĕл пулман мар. Ку вăл ĕçлеме ÿркенмен, кăштах хура-шур курнă çын. Поэт час-часах тăван килне портречĕсем те, тăван тавралăха акварельпе сăнарланă пейзажсем те, халахăн тÿсĕмлĕхне, çирĕп кăмăлне историн йывăр тапхăрĕсен материалĕпе уçса паракан жанрлă ÿкерчĕксем те пур кĕнекере. Хитре детальсем, тарăн, пулса çитнĕ йĕркесем чылаях илсе кăтартма пулать. «Пирĕн ялсем», «Кĕрешÿ», «Уç, аннеçĕм, куçна», «Пăчăри, пăчăри» тата ытти сăвăсем А. Тимофеев ăсталăхĕ çирĕпленсе пынине лайăх кăтартса параççĕ.

Анчах автор халиччен сахал мар сивленĕ киревсĕр йăласен танатине те час-часах кĕрсе ÿкет. Акă «авалхи — паянхи» тени патне темиçе сăвăра та таврăнать вăл. Вĕсенче паянхи пурнăç калама çук чаплă, капашсăр илемлĕ, ĕлĕкхи вара тĕттĕм кăç, йĕпе-сапа, сивĕ çил кăна шăхăрать унта. Ку, паллах, хытса ларнă схема. Вăл мĕн тери суя иккенне халь кашни утăмрах тĕл пулатпăр.

Драматизм çитменнине автор хăй те туять пулмалла. Палитрине сăн кĕртес тĕллевпе вăл тĕксĕмрех тĕссемпе те усă курать. Анчах ырăпа усалăн нихçан килĕшеймин хирĕçĕвне каллех вăл ачалăхра, иртсе кайнă пурнăçра шырать, йывăрлăхсен салтăнми тĕввине иртнĕ вăхăтри материалпа кăна татса парать. Амăшĕпе тырă вырнă чух кăçалăк вĕçне тухаймасăр асапланать герой, кĕлте лавĕ тÿнни уншăн тĕнче ÿпĕнсе кайнă пекех туйăнать. Анчах тахçанхи йывăрлăха аса-илÿсенче пылак тĕтĕм пек йăсăрланса, кăмăла кăна кăтăклать. Çакă поэт чăн-чăн драматизма кăмăлласах каймани çинчен калать. «Яка» стиль, ытлашши, тулса тăкăнакан оптимизм ывăнтарма пуçлать. Риторика тени чунна юна савăл çапнă пек кĕрсе ларсан, тиркевлĕ шухăшлав [illegible]

# ЧĂВАШ КĔВВИ — МУСКАВРА

**РСФСР КОМПОЗИТОРĔСЕН VI СЪЕЗДНЕ ПИРĔН РЕСПУБЛИКĂРАН А. ВАСИЛЬЕВ, Н. КАЗАКОВ, Ф. ЛУКИН, Л. НОВОСЕЛОВА, В. ХОДЯШЕВ композиторсем, Ю. ИЛЮХИН, М. КОНДРАТЬЕВ, С. МАКАРОВА МУЗЫКОВЕДСЕМ, ЧĂВАШ АССР ТЕЛЕВИДЕНИПЕ РАДИОВЕЩАНИ ГОСУДАРСТВО КОМИТЕЧĔН ХОРĔ, МУЗЫКА ТЕАТРĔН СОЛИСЧĔ П. ЗАЛОМНОВ ХУТШĂНЧĔÇ.**

Пирĕн композиторсем çырнă вунпер произведени янăрарĕ съезд ячĕпе ирттернĕ концертсенче. Саккăрăшĕ — капелла пек хор валли çырни: Ф. Лукин, Ф. Васильев, В. Ходяшев, А. Асламас, Л. Новоселова, М. Алексеев, А. Васильев сочиненийĕсем тата Мускав композиторĕ В. Григоренко илемлетнĕ чăваш халăх юррисем. Шупашкартан пынă хор репертуарĕнче çавăн пекех Удмурт, Мордва, Пушкăрт, Тутар, Мари автономиллĕ республикисенчи, Хабаровскри композиторсен произведенийĕсем те пулчĕç. Хора унăн художество руководителĕ Чăваш АССР искусствăсен тава тивĕçлĕ деятелĕ М. Яклашкин ертсе пычĕ.

Хор концертне Чăваш АССР халăх артистки С. Ефимова, Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ работникĕ Т. Локтева тата музыка театрĕнчи оркестр солисчĕ А. Захаров хутшăнчĕç (Ф. Лукин, В. Ходяшев, Л. Новоселова произведенийĕсене юрланă чух). Чăваш АССР халăх артисчĕ П. Заломнов Дон çинчи Ростов композиторĕ Л. Израйлевич юррине юрларĕ.

Мускаври консерваторин С. В. Рахманинов ячĕпе хисепленекен залĕнче А. Васильевăн «Ял сюити» тата В. Ходяшевăн «Чăваш кĕвви тăрăх çырнă вариацийĕсем» янăрарĕç. Вĕсене Чăваш АССР халăх артисчĕ А. Любимов гобоист ертсе пыракан «Российская ассамблея» ансамбль (Мускав) каласа пачĕ. Союзсен çуртĕн Колоннăллă залĕнче съезд делегачĕсемпе хăнисем Ф. Лукин кĕвĕленĕ «Адажио» пьесăна итлерĕç. Ăна СССР Гостелерадио концерт оркестрĕнчи сĕрме купăссăсем хăйсен репертуарне кĕртнĕ (дирижерĕ СССР халăх артисчĕ М. Кажлаев). Çав залрах Горький композиторĕн А. Нестеровăн валторнăпа оркестр валли çырнă концерчĕ янăрарĕ, солисчĕ пирĕн ентеш РСФСР тава тивĕçлĕ артисчĕ В. Галкин пулчĕ.

Ю. АЛЕКСАНДРОВ.

# АТĂЛ ÇИНЕ — ВĂЛТАПА

Ирсерел Хусанкай урамĕ тĕлĕнчи автобуссем чарăнакан вырăнта час-часах тĕл пулатăп ăна. Илемлĕ, кăмăллă сăнпитлĕ хĕрарăм, вăтам çулсенче пулас. Хальхинче те аякрах асăрхарăм: уринче ăшă кăçатă, аллинче — пăр шатармалли пăра, çурăмĕ хыçне кутамкка çакнă. Сăмах хушмасăр чăтаймарăм.

— Пулла каятăр-и? — тетĕп.

— Пенсире те, килте мĕн туса ларас, — ăшшăн калаçма пуçларĕ вăл. — Пĕр илемсен, туртать те туртать вĕт Атăл çине. Усси чылай — пулăсăр та лармастпăр, сывлăхшăн та лайăх.

Çапла паллашса кайрăмăр Елизавета Андреевна Ларионовăпа. Вăл вăтăр çул ытла Шупашкарти электроаппаратура заводĕнче сборщицăра ĕçленĕ. Мăшăрĕ Петр Сергеевич та çак предприятирех термист пулнă. Çамрăкрах чухнех пулла пĕрле çÿреме хăнăхнă вĕсем. Çулла моторлă кимĕ çине ларнă та, чупа килĕшнĕ вырăнсене вĕçтернĕ. Пуллине тытаканни Петр Сергеевич пулнă-ха, Елизавета Андреевна шÿрпе пĕçернĕ. Атăлта ишнĕ. Энĕш юханшывĕ хĕррине, Куславкка районĕнчи Варасăрта çуралса ÿснĕскер, пĕчĕклех лайăх ишме вĕреннĕ.

Тивĕçлĕ канăва тухсан, кун ытла та вăрăм пек туйăнма тытăннă Елизавета Андреевнăна. Сывлăхĕ начарланма пуçланă, урисем ыратнă, ытти чир-чĕр тупăннă. «Килте ларса сывлăха çирĕплетеймĕп, усă сывлăшра ытларах пулас», — çапла шут тытнă Е. Ларионова. Мăшăрĕ, пенсире пулсан та, ĕçлет. Çапла Елизавета Андреевна пулла хăй тĕллĕнех çÿреме хăнăхать. Ытти çынсенчен вĕренсе, хăй сăнаса пĕлсе чăн-чăн пулăç пулса тăрать.

— Çÿренĕçемĕн опыт пухăнать, — тет Е. Ларионова. — Халĕ Атăл пăрĕ тăрăх ГЭС тăвиччен утрав пулнă тĕле каятăп. Кунта шыв тарăнăшĕ тăвата-пилĕк метр çеç, пăр хулăнăшĕ пĕр 40 сантиметр. Вак касатăп, полиэтиленран çĕленĕ палаткăна майласа çирĕплететĕп. Палатка ăшĕнче сивĕ çанталăкра та хÿтĕ. Кун иртни сисĕнмест. Вăлта йĕппи çине пулă лекнĕ самант питĕ илĕртÿллĕ. Спорт ăмăртăвĕнчи чи хĕрÿ тапхăрпа та танлаштарма пулĕ ăна.

— Хĕрарăмсем чылай-и пулăççем хушшинче?

— Пĕлтĕр пĕр хĕрарăм тăтăшах çÿретчĕ. Кăçал курман. Канмалли кунсенче мăшăрĕсемпе пĕрле пыракансем пур. Пулăра ытларах пенсионерсене асăрхатăн. Кунĕпе тапранмасăр лармa вăхăт та, чăтăмлăх та чылай кирлĕ-çке. Çулла вара çамрăксене те час-часах тĕл пулатпăр.

Çулла Елизавета Андреевна пулла Атăл леш енне, Çĕнĕ Шупашкар çывăхне, е Сĕнтĕрвăрри таранах каять. Мăнукĕ те, тăхăр çулхи Наля, юлмасть унран. Канмалли кунсенче Петр Сергеевич та пырать. Пĕрле резина кимĕ, палатка илеççĕ те, темиçе кун пурăнаççĕ Атăл хĕрринче. Çу кăçипе усă сывлăшра, хĕвелпе палламалла мар пиçсе хăмăрланса лараççĕ. Нальăшăн кукамăшĕпе Атăл çинче ирттернĕ кунсем — чи хаваслă, чи телейлĕ самант. Елизавета Андреевна та кăмăллă. Сывлăхĕ чылай лайăхланнине палăртать вăл. Сăн-питĕнчен те, уттинчен те ăна аллăран иртнĕ хĕрарăм теме çук. Çутçанталăк, тăван тавралăх питĕ çывăх уншăн. Вĕсен илемне питĕ сăнарлă сăмахсемпе палăртма пултарать.

— Сирĕн шутпа мĕнле, пулă нумай-и Атăлта? — ыйтатăп унран.

— Пулă сахалланса пырать, — тет пăшăрханса Елизавета Андреевна. — Кăртăш, супах, партас, хăй вăхăтĕнче хĕç пулă, сайра — çăрттан кĕрет. Чирлĕ пулă питĕ нумай, солитерлисем çÿлте кăна мар, аялараx та нумай ишсе çÿреççĕ. Партассем кĕсен-çăпанлисем йышлă. Атăла малашне те пĕр хĕрхенÿсĕр вараласа пурăнсан, унта пĕр чĕрĕ чун юлмасан та пултарать. Тен, экологи центрĕ, çутçанталăк туссем, пĕтĕм халăх тăрăшсан, сăлса хăварма пулĕ Атăла. Шанас килет.

А. ЛУКИЯНОВА.

### Сывлăх сукмакĕ

• Пулни-иртни

# «ТОШКА ТАВРĂНЧĔ!»

Иртнĕ çуркунне пулса иртнĕ ку. Пÿртре пурăнакан сарăрах тĕслĕ çăмламас йытта урама уçăлма каларса ярсан, вăл [illegible]

Пĕчĕк чĕрчун килхуçисем тавра хÿрине вылятkаласа чупса çавраннă, сĕртĕнсе ачашланнă. Пыта пулсан та, унăн [illegible]

Спорт

# ХОККЕИСТСЕН ТУРНИРĔСЕНЧЕ

пулать. Паллах, сăвăçа кун шăн хурлама çук. Традицие аталантаракансем чĕлхене, сăвă формине чăн-чăн ăста пек вĕренсе çитесшĕн. Психологизм таранах мар пулин те, туйăмпа шухăш шайне тытса пыма пĕлеççĕ вĕсем. Паллах, «кивĕ» материалах çĕнĕ алăпа алланипе интереслĕ çак ушкăнри сăвăçсем.

П. Хусанкайăн «Хамăр ялсем» ярăмри типажсем, А. Воробьевăн Я. Ухсайăн хăшпĕр сăввисене аса илтерекен йĕркесем тĕл пулкалаççĕ А. Тимофеев кĕнекинче. Ку аслă ăрури ăстасен опытне ăша хывни синчен калать, паллах. Кĕнекери лирикăллă героя та эпир халиччен тĕл пулман мар. Ку вăл ĕçлеме ÿркенмĕн, кăштах хура-шур курнă çын. Поэт час-часах тăван килне, ачалăхне аса илет. Кунта драматизм паллисем те тĕл пулаççĕ: ĕçе кÿлĕнни, çынран еплепе пулсан та ÿксе юлас мар тесе вăй хуни, кăштах çитмен пурнăç.

Лав айккинчен курăнаймасть
тĕнче —
Куççÿль сăтса, тытатăп
сенăке.
Туйра çумне, турта çумне
вьотса,
Асанне пек ман тур лаша
канать.
Мăйракинчен ăне пек
хăмсарса,
Ман паталла хăла хĕвел
пырать...

пе вăл тĕксĕмрех тĕсĕмпе те усă курать. Анчах ырăпа усаллăн нихçан килĕшейми хирĕçĕвне каллех вăл ачалăхра, иртсе кайнă пурнăçра шырать, йывăрлăхсен салтăнми тĕввине иртнĕ вăхăтри материалпа кăна татса парать. Амăшĕпе тырă вырнă чух кăçалăк вĕçне тухаймасăр асапланать герой, кĕлте лавĕ тÿнин уншăн тĕнче ÿпĕнсе кайнă пекех туйăнать. Анчах тахçанхи йывăрлăх асилнĕсенче пылак тĕтĕм пек йăсăрланса, кăмăла кăна кăтаклать. Çакă поэт чăн-чăн драматизма кăмăлласах кайманни синчен калать. «Яка» стиль, ытлашши тулса тăкăнакан оптимизм ывăнтарма пуçлать. Риторика тени чунаюна савăл çапнă пек кĕрсе ларсан, тиркевлĕ шухăшлав сĕткенĕсем чупакан тымарсене пуссах хурать. Тÿлеккĕн ĕнерме пуçланă кĕввех параппан сассипе вĕçленет вара.

Халь кур: чăваш шăратнă
трактор
Кĕрлет çĕршыв стройкисенче
Ятне ямасть вăл, пирĕн
паттăр,
Хăватлă хурçă йăхĕнче.

Сап-сар юпа халь ял илемĕ.
Ÿсет чăвашăн ял-хули.
Кашни килтех — тĕнче
çĕклемĕ,
Кашни килтех — çĕршыв
кулли.

П. Хусанкай калашле, поэтсемшĕн тĕнче тикĕс. — Вăл пурнăçри фактсене пачах та питри ... пурнăçри пуринпе пĕрле пек. Çамрăк чун çамрăк чунах, çапах та пурнăçа вĕçĕмсĕр янкăр тĕссемпе, куçа йăмăхтаракан хĕвел пек курмасть пуль салтак.

Шел, çак ярăмри хăшпĕр сăвăсенче автор паха сăнар, витĕмлĕ деталь тупайман.

Ай, эп те савăнам-и,
Кăвас курки тытса!
Ай, эпĕ те юрлам-и,
Сар ывăла йăтса.

Халиччен литературăра та, пурнăçра та «тăван эртел пухăнсан» сăра курки тытакан чĕ, халь кăвасран йăпанаççĕ тесе ĕнентересшĕн. «Вăрманти туй» сăвăра та хăнасене кăвас ĕçтереççĕ. Паллах, кунта ĕçкĕ-çикĕпе кĕрешме чĕнекен постановление май çук хастар пурнăçласа пыракан редактор пырса çулăхни сисĕнет. Телерадио комитетĕнче текстра «кĕреке», «сăра», «тав курки» сăмахсене тĕл пулсанах, шари те шари çухăракансем пурччĕ. Эрех-сăрапа кĕнеке издательствинче те çапла «кĕрешеççĕ» иккен.

Анатолий Тимофеевăн пултарулăх çÿпçине уçса пăхрăмăр та çакна куртăмăр: чун хавалĕпе хайланă йĕркесемпе пĕрлех васкаса, çын хыççăн кайса «эрешленĕ» сăвăсем те тылаях сăвăçăн. Хăй пултарулăхĕ çине тиркевлĕ куçпа пăхма авторĕн хăюлăхĕ те, пултарулăхĕ те çитессĕн туйăнать.

В. АЛЕКСЕЕВ.

сăрта çуралса ÿсĕнскер, пĕчĕклех лайăх ишме вĕреннĕ.

Тивĕçлĕ канăва тухсан, кун ытла та вăрăм пек туйăнма тытăннă Елизавета Андреевнăна. Сывлăхĕ начарланма пуçланă, урисем ыратнă, ытти чир-чĕр тупăннă. «Килте ларса сывлăха çирĕплетеймĕн, усă ... ташах сурет... Кăçал курман. Канмалли кунсенче машăрĕсемпе пĕрле пыракансем пур. Пулăра ытларах пенсионерсем асăрхатăн. Кунĕпе тапранмасăр ларма вăхăт та, чăтăмлăх та чылай кирлĕ-çке. Çулла вара çамрăксене те час-часах тĕл пулатпăр.

Çулла Елизавета Андреевна ... сем йышлă. Атăла малашне те пĕр хĕрхенÿсĕр вараласа пурăнсан, унта пĕр чĕрĕ чун юлмасан та пултарать. Тен, экологи центрĕ, çутçанталăк тусĕсем, пĕтĕм халăх тăрăшсан, сăлса хăварма пулĕ Атăла. Шанас килет.

А. ЛУКИЯНОВА.

● Пулни-иртни

# «ТОШКА ТАВРĂНЧĔ!»

Иртнĕ çуркунне пулса иртнĕ ку. Пÿртре пурăнакан сарăрах тĕслĕ çамламас йытта урама уçăлма кăларса ярсан, вăл пач! çухалнă, темĕн чухлĕ шырасан та тупайман ăна. Кайран çакă паллă пулнă. Тошкăна Кăнтăр поселокра хуçасăр йытăсене пуçтарса çÿрекенсем хупă автомашинăпа илсе кайнă-мĕн. Çакна курнисем курса юлнă, анчах тытса чарайман.

Унтанпа сакăр уйăх иртнĕ. Килхуçи, Николай Павлов, картишĕнче ĕçлесе çÿренĕ. Çав вăхăтра кĕтмен çĕртен хайсен йытти урамра вĕрнине илтех кайнă.

— Лида, тух-ха, Тошка таврăнчĕ! — васкавлăн чĕннĕ вăл арăмне.

Пĕчĕк чĕрчун килхуçисем тавра хÿрине выляткаласа чупса çавраннă, сĕртĕнсе ачашланнă. Пытă пулсан та, унăн савăнăçĕ тÿрех палăрнă. Сывах иккен. Кун пек чухне ăна мĕнле хăвăртрах апат памасăр чăтăн.

Шăпах çав вăхăтра урампа «Коммунизм ялавĕ» штатра тăман фотокорреспонденчĕ Михаил Воробьев иртсе пынă. Çамламас Тошкăпа килхуçисем сакăр уйăх иртсен тĕл пулнине пленка çине ÿкермесĕр чăтаймăн вăл. Темле пулсан та, хăйĕн килне шыраса тупнă вĕт-ха! Паян хаçатра пичетленекен ÿкерчĕк çинче эсир Лилия Павловăпа Тошкăна куратăр.

И. БОРИСКИН.



Спорт

## ХОККЕИСТСЕН ТУРНИРĔСЕНЧЕ

Виçĕ эрнене пынă тăхтав хыççăн çĕршыври хоккей чемпионачĕн иккĕмĕш лигин хĕвеланăç зонинче çĕнĕ çулхи вăйăсем пуçланнă. Çĕнĕ Шупашкарти «Сокол» кăçалхи пĕрремĕш матчсене Энгельс хулинче «Химикпа» иртгернĕ. Пĕрремĕш вăйăра площадка хуçисем вăйлăрах пулнă, çĕнĕшупашкарсене 4:1 шутпа çĕнтернĕ. Тепĕр кунне «Сокол» 3:1 шутпа мала тухнă.

Çак вăйăсем хыççăн «Соколăн» 51 очко, вăл 33 очко çухатнă.

* * *

«Сокол» спортклубăн 1973 çулта çуралнă спортсменсенчен тăракан хоккей команди РСФСРта мала тухассишĕн пыракан турнирта Липецк хулинчи «Трактор» командăпа тĕл пулнă. Пĕрремĕш матчра «Сокол» хăнасене 4:6 шутпа выляса янă. Тепĕр кунне сак шутпах «Трактор» çухату тÿснĕ.

Сак тур хыççăн «Тракторăн» —25, «Соколăн» 23 очко. Вĕсем иккĕмĕшпе виççĕмĕш вырăнсене йышăнаççĕ. Пĕрремĕш вырăнта — Кирово-Чепецкри «Олимпия».

В. КРЫСИН.

Редактор А. П. КАЗАНОВ.



### ГРАЖДАНСЕНЕ ПЕЛСЕ ТАМА!

Январĕн 17-мĕшĕнче 12 сехет те 30 минутра Шупашкарта Гагарин кĕперĕ синче прицеплă «Кировец» К-701 трактор аварие лексе сырмана ÿкнĕ. Çав вăхăтра автобуссем е троллейбуссем синче иртсе пынă пассажирсене 8—17 сехетсенче сак телефонсемпе шăнкăравлама ÿкĕтлесе ыйтатпăр: 23-83-74, 23-82-19, 22-83-71, 23-37-21.

«Спецстроймеханизация» трест администрацийĕ.



### ТАТА ИКĔ ТĔРЛĔ

ÇĔМĔРЛЕ. «Лесной» комбинат коллективĕ продукци ассортиментне анлăлатсах пырать.

Нумаях пулмасть кунта «Семилукская» кăлласси тата «Восточный» пылак шыв хатĕрлеме тытăннă. Халĕ комбинатра пурĕ 20 тĕрлĕ кăлласси изделийĕ, 10 тĕслĕ пылак шыв кăлараççĕ. Çакă иртнĕ çулта коллектива планран иртгерсе 18,4 процент продукци ытларах хатĕрлеме май панă.

К. АЛЕКСАНДРОВ.

## КАМ МĔН ВУЛАТЬ?

Етĕрне районĕнчи централизациленĕ библиотека системинче кĕнеке вулакансен ыйтăвĕсене лайăхрах пĕлсе тивĕçтермешкĕн социологи ушкăнне йĕркеленĕ. Вулакансене анкетăсем валеççе парса ответсем илеççĕ кунта çуллен.

Тишкерÿ çакна палăртнă: çынсенчен çуррине яхăн илемлĕ литература вулать. Юлашки вăхăтра вара хаçат-журналпа интересленекенсен йышĕ ÿсни сисĕнет.

Библиотекăсем ĕççыннисем умĕнче отчетсем туса парасси йăлана кĕнĕ. Çакă вулакансен сĕнĕвĕсене тĕплĕнрех шута илме май парать. Çамрăксемпе ĕçлесси çине уйрăмах тимлĕн пăхаççĕ библиотекарьсем. Чылай библиотекăра, вулакансен ыйтăвĕсене тишкернĕ май, «Çамрăк çемье», «Тантăш», «Ветеран», «Хальхи вăхăтри çын» тата ытти клубсем ĕçлеме пуçланă.

Анчах та библиотекăсенче çынсем ыйтакан кĕнекесем çитеlĕксĕр-ха. Чăваш литератури сахалраххи те палăрать. Л. Агаков, В. Алентей, М. Кипек, ытти хăшпĕр писательсен кĕнекисем нумаях мар.

Г. НИКИФОРОВ.

### ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем çапла пĕлтерчĕç: паян кăнтăрла пирĕн республикăра пĕлĕтлĕ çанталăк пулать, кăштах юр çăвать. Çил кăнтăр-хĕвеланăç енчен çеккунтра 7—12 хăвĕртлăхпа вĕрет. Сывлăш температури республикăра 1—6 градус, Шупашкарта 3—5 градус сивĕ пулать.

Кун тăршшĕ — 8 сехет те 9 минут. Ыран çĕнĕ Уйăх тухать.

### ТЕЛЕВИДЕНИ

КĔСНЕРНИКУН, ЯНВАРĔН 25-МĔШĔ

ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА

6.30 — 120 минут.
8.35 — Мультфильмсем.
9.00 — «Право на прошлое». Илемлĕ телефильм. 2-мĕш сери.
10.15 — «Где искать выход?» Документлă фильм премьери.
10.35 — МИФИри çамрăксен хорĕ юрлать.
11.25 — Ача - пăча сехечĕ (анлăчанла вĕрентекен урокпа).
12.25 — Коллаж. (Реклама. Пĕлтерÿсем. Информаци).
12.30 — Вăхăт. Сĕнĕ хыпарсен телевидени службы.
16.45 — Документлă телефильмсем.
17.15 — Пирĕн патра студире А. Мельников. (Фортепиано).
17.45 — 16 тултарманнисем тата аслăраххисем.
18.30 — Вăхăт. Сĕнĕ хыпарсен телевидени службы.
19.00 — «Власть на каждый день». Калаçу.
19.45 — Поэзи минучĕсем.
19.50 — «Дорога длиною в 150 лет». Садовскисен династийĕ синчен.
21.00 — Вăхăт. Сĕнĕ хыпарсен телевидени службы.
21.30 — «Пурăнмалли сурт-йĕр — 2000» акци. 4-мĕш передача.
22.30 — «Музыка в эфире». Ертсе пыракань С. Белза. Тăхтавра (23.30) — Сĕнĕ хыпарсен телевидени службы.

ИККĔМĔШ ПРОГРАММА

8.00 — Ирхи гимнастика.
8.15 — «Хочу все знать». Киножурнал.
8.35 — 10.55 — Вĕренÿ передачисем.
10.55 — «Искусство быть счастливой». Наукăллă - популярлă фильм.
11.05 — Интеграци: пуçарулăх, хастарлăх, тупăш.
11.55 — Ритмикăлла гимнастика.
12.25 — Иккĕмĕш хут кăтартакан телефильм сеансĕ. «Хлеб — имя существительное». 3-мĕш сери.
17.00 — «Козел в огороде». Мультфильм.
17.10 — Индии наци улвĕ — Республика кунĕ тĕлне. Судхарани Раджхупати ташлать.
17.35 — Уголовлăй розыск пĕлтерет (Шуп.).
17.50 — Реклама (Шуп.).
18.00 — Советсен влаçĕ — халăх влаçĕ. Чăваш АССР халăх депутатне суйлама тăратнă кандидатсемпе иртгерекен тĕл пулу (Шуп.).
18.30 — Вăхăт.
19.00 — Информаципе публицистика кăларăмĕ (Шуп.).
20.00 — Ырă кас пултăр, ачасем!
20.15 — Ритмикăлла гимнастика.
20.45 — «Еще раз про любовь». Концерт.
21.30 — Иллюзион. «Потерявший память из Коленьо». Илемлĕ фильм. (Итали).
23.10 — «Летела жизнь». В. Высоцкий Чечен-Ингушетире. Грозный хулинчен пулать.

### РАДИО

КĔСНЕРНИКУН, ЯНВАРĔН 25-МĔШĔ

6.15 — «Столичный курьер». Шупашкарсем валли хатĕрлене передача. 6.30 — «Виç минутсăр çур сехет». Информаципе публицистика программи. 6.55 — Пĕлтерÿсем. 7.00—7.15 — Мускав передачисем. 7.15—7.30 — Республика хасачĕсене пăхса тухни. 16.30—17.30 — «Песни сердца». Концерт. 18.00 — Çĕнĕ хыпарсем. 18.12 — «Асамат кĕперĕ». Радиоклуб. 18.25 — Республика хыпарĕсем. 18.35—19.00 — 33-мĕш пÿлĕм. Радио итлекенсен 333 ыйтăвне хуравлатпăр.

### ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 25-мĕшĕнче «Сын куçсулĕ çĕре ÿкмест» пьеса, январĕн 26-мĕшĕнче «Саламби» пьеса, январĕн 27-мĕшĕнче «Вунсаккăрта чух...» драма.

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĔ — январĕн 25-мĕшĕнче «Нарспи» опера, январĕн 26-мĕшĕнче «Жизель» балет, январĕн 28-мĕшĕнче 11 сехетре «Доктор Айболит» юмах-балет.

РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 25-мĕшĕнче «Зойкина квартира» фарс, январĕн 26-мĕшĕнче «Черная роза — эмблема печали, красная роза — эмблема любви...» ирĕклĕ хайлав, январĕн 27-мĕшĕнче «Женский стол в «Охотничьем зале» трагикомеди.

Спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

### КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Однажды в Америке» — 9.00, 15.00, 19.00; «Высокий блондин в черном ботинке» — 13.00. Кĕрен зал: «Ночные воришки» — 9.00, 10.50, 12.40, 14.30, 16.30, 18.30, 21.00. Кинозал: «Заколдованный доллар» — 16.00, 18.00, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — «Чернобыль. Хроника трудных недель» х/д фильм — 9.00; «Однажды в Америке» — 10.15, 14.30, 18.40.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Месть и закон» — 9.00, 11.30, 14.30, 17.30, 20.00. Вăтам зал: «Путешествие пана Кляксы» — 10.00, 14.00; «К сокровищам авиакатастрофы» — 12.00, 16.00, 18.00, 20.30. Пĕчĕк зал: «Один среди своих» — 12.00, 14.00, 19.00, 21.00; «Трагедия в стиле рок» — 9.00, 16.00.

«МИР» — «Приключения бельчонка Мики» — 9.00, 10.30; «Лиловый шар» — 12.00, 14.00; «Конвой» — 16.30, 18.30; «Смиренное кладбище» — 20.30.

«СОКОЛ» — «Смех и горе у Бела моря» — 10.00; «Роман с камнем» — 12.00, 14.00, 18.00; «Брак с выходными днями» — 16.00, 19.45.

«ЛУЧ» — «Шакти» 15.00, 17.30, 20.00.

«ЮНОСТЬ» — «Месть и закон» — 12.00, 15.00, 17.30, 20.00.

ЧЭАЗ КУЛЬТУРА КЕРМЕНĔ — «Чужая пятерка» — 14.30; «На помощь, братцы!» — 16.15, 18.15, 20.00.


ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-13-26; секретариат — 25-13-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе общественăпа корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерÿсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн общественăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне куллен тухать.

ЦТ 31341. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 385.